ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЧĂВАШ ОБКОМĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔН ТАТА ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕЧĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ХАÇАЧĔ

163 (9842)-№ | 1956 çулхи августăн 12-мĕшĕ, вырсарникун | Хакĕ 20 пус. 39-мĕш çул тухать.

## Строительсен кунĕ

Паян—Строительсен кунĕ. Çак куна пирĕн совет халăхĕ Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн решенийĕсене пурнăçласси шĕн пысăк çĕкленӳпе кĕрешнĕ тапхăрта ирттеретпĕр. Съезд йышăннă историлле программăна ăнăçлă пурнăçласси совет строителĕсенчен нумай килет. Промышленность производствине, транспорта, ял хуçалăхне аталантарма, пурăнмалли çуртсем, шкулсем, больницăсен, ача сачĕсемпе яслисен тата ытти культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсене туса лартма 1956—1960 çулсенче ССР Союзĕн халăх хуçалăх енĕпе государствăн капитальнăй ĕçĕсем валли пĕтĕмпе 990 миллиард тенкĕ, е пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 67 процент нумайрах, хывма палăртнă.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви çĕршывра строительство ĕçне малалла аталантарма, ăна индустрилле меслетпе туса пыма, стройкăсене çĕнĕ техника, материалсем, паха проектсемпе сметăсем парса тăма тăрăшаççĕ. 1955 çулхи августăн 23-мĕшĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ «Строительствăна малалла индустриализацилесси, строительство ĕçне лайăхлатасси, унăн пахалăхне лайăхлатасси çинчен» ятарласа постановлени йышăнчĕç. КПСС XX съезчĕ строительство ĕçĕсене кучухнехи индустриалле меслетсемпе туса пыма, территорилле пысăк строительство организацийĕсем тума, проектсем хатĕрлес ĕçе лайăхлатма, строительство срокĕсене кĕскетме, тимĕрбетон конструкцийĕсемпе тата заводра туса кăларакан изделисемпе анлăрах усă курма хушса хăварчĕ. Çак постановленисем рабочисен ĕçне çăмăллатма, вĕсен пурнăçне лайăхлатма, строительство ĕçне вăйлатма май параççĕ.

Пĕтĕм çĕршыври пекех пирĕн республикăра та строительство ĕçĕсем çулсерен сарăлса пыраççĕ. Шупашкарта трактор пайĕсем тăвакан завод, çул-йĕр машинисем тăвакан тата юсакан завод, çăкăр завочĕ, сăра завочĕ, педагогика институчĕпе ял хуçалăх институчĕн çурчĕсене лартасçĕ. Çĕмĕрлере, Канашра, Улатăрта тата ытти районсенче çĕнĕрен те çĕнĕ çуртсем ӳсе лараççĕ. Юлашки вăхăтра МТС-семпе колхозсенче те çак ĕç анлă сарăлса пырать. 1956 çулта республика халăх хуçалăхне государствăн капитальнăй ĕçĕсем валли 172,2 миллион тенкĕ, урăхла каласан, 1946 çулхинчен тăватă хут нумайрах укçа хывма палăртнă. Кунсăр пуçне промысла кооперацийĕпе потребительсен кооперацийĕ, çавăн пекех колхозсем хăйсен укçи-тенкипе тата государство банкĕнчен кивçен илнĕ укçапа чылай ĕçсем туса ирттереççĕ. Пирĕн малашлăхсем тата пысăкрах. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Шупашкар ГЭС-не тума тытăнаççĕ, çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем, культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсем нумай лартмалла. Халĕ республикăра вунă пин ытла строитель ĕçлет пулсан, çитес çулсенче вĕсен хисепĕ икĕ-виçĕ хут е ытларах та ӳсĕ.

Паян строительсем хăйсем умне Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви лартнă задачăсене мĕнле пурнăçласа пынине тĕрĕслеççĕ, çитĕнӳсемпе ӳсĕмсене пăхса тухаççĕ, çитменлĕхсене палăртаççĕ, тухăçлăрах ĕçлеме пулаççĕ. Строительсен улвĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, Канашри строительствăпа монтаж кантурĕн тата 5-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕн коллективĕсем çичĕ уйăхри плана ăнăçлă тултарчĕç. Июль уйăхĕнче «Чăвашстрой» тресчĕ плана чылай ирттерсе тултарчĕ. «Чăвашвăрман» трестне пăхăнса тăракан чылай вăрманпромхозсенче государство уйăрса панă укçа-тенкĕпе лайăх усă кураççĕ.

Чи пахисенчен пĕри вăл республикăра çĕнĕ техникăна алла илнĕ пуçарулă та пултарулă, çуртсене пысăк пахалăхпа тума вĕренсе çитнĕ строительсем ӳссе çитĕнни пулать. 123-мĕш стройтрестри каменщиксен бригадин бригадирне Михаил Степанович Степанова, плотниксен бригадин бригадирне Демьян Абрамович Балашова, штукатурсен бригадин бригадирне Клавдия Никоноровна Емельяновăна, «Чăвашстрой» трестри Григорий Никонорович Сычев слесаре, Зинаида Ефремова Чуплыгина бригадирăна республикăри строительсем аван пĕлеççĕ, вĕсен паха опычĕпе тата меслечĕпе усă кураççĕ. Пуçарулă десятниксем, мастерсем, прорабсем, проект тăвакансем, архитекторсем, инженерсем, хуçалăх руководителĕсем те сахал мар пирĕн. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ нумай çул хушши ăнăçлă ĕçленĕшĕн чылай строителе тата строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра ĕçлекенсене Хисеп грамотипе наградăлама йышăнчĕ. Ку хыпара республикăри ĕççыннисем тулли кăмăлпа кĕтсе илĕç.

Строительство организацийĕсем паха техникăпа пулнланнă май пирĕн строительсем çĕнĕ меслетсемпе анлăрах усă курма, технологи процесне урăхлатса лайăхлатма, çапла вара çуртсене хăвăртрах та пахарах тума, вĕсен хакне йӳнетме тивĕçлĕ. Халĕхе пирĕн нумай стройкăсенче машинăсемпе тата механизмсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ, тимĕрбетон тата ытти детальсем сахал туса кăлараççĕ. Материалсем вăхăтра кӳрсе килменнине тата хăшпĕр руководительсем производствăна тĕрĕс йĕркелеме тăрăшманнине пула чылай рабочисем тухăçлă ĕçлеймеççĕ. Аста рабочисене пĕр вырăнтан тепĕр вырăна е вак-тĕвек ĕçе куçарнă тĕслĕхсем те сахал мар. Çавăн пек йĕркесĕрлĕхсем тухăçлă ĕçлеме чăрмантараççĕ, строительсен кăмăлне хуçаççĕ.

Тӳрех калас пулать, халĕхе республикăри строительство организацийĕсем Тăван çĕршыв умĕнче пысăк парăмра. Уйрăмах трактор пайĕсен заводне, Шупашкарти çу заводне, ял хуçалăх институчĕн çуртне тăвас тата Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатне урăхлатса пысăклатас ĕçсем юса пыраççĕ. Çуртсене паха мар тунă, материалсене, укçа-тенкĕне перекетлемен тĕслĕхсем те час-часах пулаççĕ. Брак пулни, ĕçа пăсса çĕнĕрен туни, механизмсемпе тĕрĕс усă курманни строительство хакне ӳстерет тата çуртсене вăхăтра туса пĕтерме чăрмантарать. Строительство хакне пĕр процент йӳнетни те кăçал пирĕн республикăра 1,7 миллион тенкĕ укçа перекетлеме май парать. Вăл укçапа миçе шкул е пурăнмалли çурт лартма пулать! Пирĕн строительство ĕçĕсен хакне пĕр процент çеç мар, унтан ытларах йӳнетме майсем пур. КПСС XX съезчĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра строительство хакне 7 процентран кая мар чакарма хушса хăварчĕ. План тăрăх аталанса пыракан хуçалăхра çуртсене хăвăрт, паха тата йӳнĕ тума мĕн кирли пурте çителĕклĕ, вĕсемпе пĕлсе, тĕрĕс усă курмалла çеç.

Паянхи куна, строительсемпе пĕрле, строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра ĕçлекенсем те паллă тăваççĕ. Вĕсем—строительсен чи çывăх тусĕсем. Малашне республикăри промышленноçăн çак пиĕ кирлĕ отраслĕнче ĕçлекенсем кирпĕч, черепица, чул, известь, блоксем ытларах та ытларах туса кăларасса, çав материалсен пахалăхне лайăхлатасса шанатпăр.

1956 çул вĕçленесси инçе юлмарĕ. Строительство енĕпе тумалли ĕçсем вара пирĕн нумай. Çулталăкри плана тултарас тесен, кашни стройка ĕçне татăклăн лайăхлатмалла, уйрăмах пурăнмалли çуртсем лартас ĕçе хăвăртлатмалла. Хулари строительсен тепĕр пысăк тивĕçĕ вăл хăйсен ялти юлташĕсене йывăр ĕçе механизацилеме, малта пыракан опытпа усă курма пулăшасси пулать.

Строительствăна малалла аталантарасси, предприятисене, çуртсене, культурăпа йăла учрежденийĕсене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа туса лартасси пĕтĕм партипе совет общественноçĕн тивĕçĕ. КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен, хула Совет исполкомĕсемпе райисполкомсен, министерствăсемпе управленисен, трестсен строительсен ĕçĕпе куллен интересленмелле, вĕсем валли тухăçлă ĕçлеме, лайăх пурăнма тата канма паха майсем туса памалла.

1956 çулхи строительствăпа монтаж ĕçĕсен планне ăнăçлă тултарассишĕн социализмла ăмăртăва анлă сарар!

## КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕнче

## Çĕр мамăкĕ туса илессине ӳстерме Узбек ССР-ĕпе Казах ССР-ĕнчи Выçă çĕçенхирти халиччен сухаламан çĕрсене шăварасси тата вĕсемпе усă курасси çинчен

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çĕр мамăкĕ туса илессине ӳстерме Узбек ССР-ĕпе Казах ССР-ĕнчи Выçă çĕçенхирти (Голодная степь) халиччен сухаламан çĕрсене шăварас тата вĕсемпе усă курас ыйтăва пăхса тухнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çакна палăртнă: çĕр мамăкĕ туса илессине ӳстерес ĕçре, çĕр мамăкĕ акса тăвакан республикăсенчи халĕ усă куракан çĕрсем çинчи çĕр мамăк тухăçлăхне малалла ӳстернипе пĕрлех, ăна акса тăвакан çĕр лаптăкне, халиччен сухаламан çĕрсемпе усă курса, малалла ӳстерни пысăк вырăн йышăнса тăрать.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ Узбек ССР-ĕпе Казах ССР-ĕнчи парти, совет, ял хуçалăх тата шывхуçалăх органĕсем умне, çак республикăсенчи МТС-сем, совхозсем тата колхозсем умне государствăшăн кирлĕ пысăк задача лартнă: СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ панă Директивăсемпе килĕшӳллĕн çĕр мамăкĕ туса илессине малалла ӳстерме Выçă çĕçенхирте, халиччен сухаламан çĕрсемпе усă курса, çĕр мамăкĕ акса ӳстермелли пысăк район тумалла, çакăнпа пĕр вăхăтрах Выçă çĕçенхирте халĕ усă куракан çĕрсем çинче çĕр мамăк тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем туса ирттермелле.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

1. Выçă çĕçенхирти çĕрсем çинче çулсеренех 320—340 пин тоннăран кая мар çĕр мамăкĕ туса илме 1956—1962 çулсенче çак çĕрсенче 300 пин гектар, çав шутра Узбек ССР-ĕнче—200 пин гектар, Казах ССР-ĕнче—100 пин гектар шăварасси тата вĕсемпе усă курасси çинчен Узбекистанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Узбек ССР Министрĕсен Совечĕ тата Казахстанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Казах ССР Министрĕсен Совечĕ панă сĕнĕве йышăнас.

2. Узбекистанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Узбек ССР Министрĕсен Советне, Казахстанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Казах ССР Министрĕсен Советне, СССР Ял хуçалăх министерствине, СССР Совхозсен министерствине, СССР Çăмăл промышленность министерствине, СССР Хула тата ял строительстви министерствине çак ĕçсене тума хушас:

1956—1962 çулсенче Выçă çĕçенхирте 157,8 пин гектар çĕре, вăл шутран Узбек ССР-ĕнче 85 пин гектар, Казах ССР-ĕнче 72,8 пин гектар çĕре шăварма Центральнăй Выçă çĕçенхир каналĕ, Узбек ССР-ĕнчи 48 пин гектар çĕре шăварма Кăнтăрти Выçă çĕçенхир каналĕ (1-мĕш черет) тумалла, 65,2 пин гектар çĕре, çав шутран Узбек ССР-ĕнче 38 пин гектар, Казах ССР-ĕнче 27,2 пин гектар çĕре шăварма Киров ячĕпе тăракан канала, çавăн пекех Узбек ССР-ĕнчи 29 пин гектар çĕре шăварма Баяут массивĕнчи системăна тата машинăсемпе уçласа хăпартса шăвармалли системăна реконструкцилемелле.

Маларах асăннă каналсене тата çĕре шăвармалли системăсене СССР Ял хуçалăх министерстви планĕ тăрăх тумалла.

Выçă çĕçенхирти каналсемпе çĕре шăвармалли системăсен проекчĕсене туса хатĕрленĕ чухне çĕре шăварас ĕçĕн малта пыракан меслечĕсемпе усă курма, Выçă çĕçенхирти çĕрсем шурлăхланнипе тата тăварланнипе кĕрешме кирлĕ мерăсене пурнăçлама палăртмалла;

1956—1962 çулсенче автомобильсемпе çӳреме асфальт е чул сарнă 600 километр тăршшĕ çулсем, çав шутра Узбек ССР территорийĕнче—400 километр, Казах ССР территорийĕнче—200 километр тăршшĕ (вĕсенчен 1958 çул вĕçлениĕ тĕле Узбек ССР-ĕнче—250 километр, Казах ССР-ĕнче—150 километр тăршшĕ) çулсем тумалла, çавăн пекех совхозсен тĕп усадьбисем патне пымалли çулсем 200 километр тăршшĕ, çав шутран Узбек ССР-ĕнче—150 километр, Казах ССР-ĕнче—50 километр тăршшĕ тумалла;

1956—1962 çулсенче Выçă çĕçенхирти çĕнĕрен шăварма тытăнакан 280 пин гектар çĕр лаптăкĕ çинче 34 совхоз, çав шутран Узбек ССР-ĕнче—23 совхоз, Казах ССР-ĕнче—11 совхоз организацилемелле, çак совхозсенче кирлĕ чухлĕ строительство ĕçĕсем тумалла.

Выçă çĕçенхирти шăварма тытăнакан çĕрсен ытти 20 пин гектарĕпе усă курас ĕçе колхозсен вăйĕпе пурнăçламалла;

Автомобиль çулĕсем тума 1956—1958 çулсенче Выçă çĕçенхир районĕсенче машинăсемпе çул тăвакан 12 станци организацилемелле, çав шутра Узбек ССР-ĕнче—8 станци, Казах ССР-ĕнче—4 станци;

1957—1959 çулсенче Выçă çĕçенхирти шăваракан тата усă курма тытăнакан çĕрсем çинче машина-трактор станцийĕсен усадьбисемпе колхоз поселокĕсем тумалла;

1958—1962 çулсенче Выçă çĕçенхирте çĕр мамăкĕ тасатакан 34 завод туса ĕçе ямалла.

Выçă çĕçенхир районĕсенчи совхозсем, МТС-сем, çĕр мамăкĕ тасатакан заводсем, пысăк вольтлă электропередача линийĕсем, трансформатор подстанцийĕсем тата пĕчĕк вольтлă электролинисем, çавăн пекех колхоз поселокĕсем тума СССР Хула тата ял строительстви министерствине, Узбек ССР Хула тата ял строительстви министерствине, Казах ССР Хула тата ял строительстви министерствине хушас.

СССР Госэкономкомиссине, 1957 çултан пуçласа, çулталăкри планĕсенче Выçă çĕçенхирти çĕрсене шăварас тата вĕсемпе усă курас тĕлĕшпе тумалли ĕçсене пурнăçлама, ĕçсен калăпăшĕпе тата çав ĕçсен проекчĕсемпе килĕшӳллĕн, материалсен, оборудованипе транспорт хатĕрĕсен фончĕсем уйăрса пама палăртма хушас.

3. Узбекистанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Узбек ССР Министрĕсен Совечĕ Узбек ССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнче Выçă çĕçенхирти çĕрсене шăвармалла тата вĕсемпе усă курмалла тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен Тĕп управлени (вăл хозрасчетлă пулмалла) тума сĕннине йышăнас, çак Тĕп управлени Выçă çĕçенхирти шывхуçалăх строительствинчи ĕçсене туса пымалла тата Узбек ССР территорийĕнче Выçă çĕçенхирти çĕрсемпе усă курмалла тунă çĕре хутшăнакан министерствăсемпе ведомствăсен ĕçне йĕркелесе тăмалла.

Казах ССР территорийĕнчи Выçă çĕçенхирте шывхуçалăх строительствине республикăри Шывхуçалăх министерствин органĕсем туса пыраççĕ.

4. Электростанцисен тăвакан министерствăна, 1956 çултан пуçласа, Узбек ССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Выçă çĕçенхирти çĕрсене шăвармалла тата вĕсемпе усă курмалла тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен Тĕп управленипе договор туса, Выçă çĕçенхирти çĕрсене шăвармалли Центральнăй тата Кăнтăрти тĕп каналсене тата çав каналсем çинчи сооруженисене тунă çĕрте строительствăпа монтаж ĕçĕсене туса пыма хушас.

5. Электростанцисен министерствине тата Электростанцисем тăвакан министерствăна çак ĕçсене тума хушас:

Выçă çĕçенхирти халиччен сухаламан çĕрсемпе усă курмалла тăвакан районсене электроэнерги парса тăма 1956—1957 çулсенче Фархад гидроэлектростанцийĕн подстанцийĕнче 20-шер пин киловольт-ампер икĕ трансформатор лартмалла тата 1957—1958 çулсенче 110 киловольт напряженилĕ электропередача линийĕсем тумалла, унта 110/35 киловольтлă район подстанцийĕсем пулмалла;

1962 çул тĕлне Выçă çĕçенхирте 40 пин киловатт хăватлă гидроэлектростанци туса лартмалла.

6. Транспорт строительстви министерствине 1957 çулта, Узбек ССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Выçă çĕçенхирти çĕрсене шăвармалла тата вĕсемпе усă курмалла тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен Тĕп управленипе договор туса, Сыр-Дарьинск станцинчен пуçласа Джизак хули еннелле анлă чугун çул тума хушас, çав чугун çул тăршшĕ 60 километра яхăн пулмалла, ун тăрăх поездсем вăхăтлăха 1958 çулта çӳреме пуçламалла.

Транспорт строительстви министерстви маларах кăтартнă чугун çула тума проект-задани хатĕрленĕ чухне малашне çав çула Ташкент чугун çулĕ çинчи Джизак станцине çитиччен тумаллине асра тытмалла.

7. СССР Геологи тата çĕр айĕнчи пуянлăхсене сыхлакан министерствăна çак ĕçсене тума хушас:

Узбек ССР-ĕнчи тата Казах ССР-ĕнчи Выçă çĕçенхирти шăвармалли тата халиччен сухаламан çĕрсемпе усă курмалли вырăнсенче çĕр айĕнче шыв тăракан вырăнсене тупса халăх пурăнакан вырăнсене шыв парса тăмалли схемăсемпе техникăлла проектсем хатĕрлеме гидрогеологи сăнавĕсене тĕплĕн туса ирттермелле.

Выçă çĕçенхирте гидрогеологи сăнавĕсем тунă чухне пăраласа тунă, шыв илсе тăма юрăхлă шăтăксене трубасемпе çирĕплетмелле, унта фильтрсем лартмалла, вара усă курма совхозсене, МТС-сене тата шывхуçалăх организацийĕсене тӳлевсĕр памалла.

1956 çултан пуçласа Выçă çĕçенхирте çĕр айĕнчи шывсем мĕн тарăнăшĕнче пулнине тата вĕсем мĕнле минералланса пынине тата çĕре шăварнă пирки çав шывсен режимĕ мĕнле улшăннине пĕрмаях сăнаса тăрассине организацилемелле.

8. Нефть промышленность предприятийĕсене тăвакан министерствăна 1957 тата 1958 çулсенче, Узбек ССР Совхозсен министерствипе тата Казах ССР Совхозсен министерствипе тунă договорсем тăрăх, Выçă çĕçенхирти çĕнĕ совхозсене шыв парса тăма шыв илмелли 100 шăтăк пăраласа шăтарма тата унта шыв хăпартмалли установкăсем вырнаçтарса лартма хушас,—вĕсенчен 50 шăтăкне 1957 çулта тумалла.

9. СССР Çыхăну министерствине 1956—1962 çулсенче Выçă çĕçенхирте совхозсемпе колхозсене район центрĕсемпе çыхăнтарма телефон линийĕсем туса лартма строительствăпа монтаж ĕçĕсене тума тата, Узбек ССР-ĕпе Казах ССР-ĕнчи тивĕçлĕ министерствăсемпе договорсем туса, совхозсемпе колхозсене радио кĕртме хушас.

10. СССР Металлурги тата хими промышленность предприятийĕсем тăвакан министерствăна Выçă çĕçенхирте, 1957 çултан пуçласа, ытти министерствăсен строительство организацийĕсемпе договорсем туса, пысăк вольтлă электропередача линийĕсем, трансформатор подстанцийĕсем тума, çавăн пекех совхозсемпе колхозсенче, çĕр мамăкĕ тасатакан заводсенче, çĕре шăвармалли системăсен управленийĕсенче тата машинăсемпе çул тăвакан станцисенче пĕчĕк вольтлă электропередача линийĕсем тума хушас.

11. Выçă çĕçенхирте халиччен сухаламан çĕрсене шăвармалла тата вĕсемпе усă курмалла тума палăртнă ĕçсене пурнăçлама 1956 çулта çавăн чухлĕ хушса ĕç тумалла:

Выçă çĕçенхирти çĕрсене шăварассипе тата вĕсемпе усă курассипе çыхăннă ĕçсене тăвакан министерствăсемпе ведомствăсен капитальнăй ĕçсем 112 миллион тенкĕлĕх ытларах тумалла;

СССР Геологи тата çĕр айĕнчи пуянлăхсене сыхлакан министерствăн геологи разведкине 15 миллион тенкĕлĕх ытларах тумалла.

12. СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Ĕç резервĕсен тĕп управленине 1956—1962 çулсенче ял хуçалăх механизаци училищисенчен, ремесла училищисенчен тата ĕç резервĕсен шкулĕсенчен вĕренсе тухакансенчен Выçă çĕçенхирте çĕнĕрен организацилекен совхозсемпе строительство организацийĕсене механизаторсемпе строительствăри квалификацилле рабочисем 24,4 пин çын уйăрса яма хушас,—вăл шутран 1956 çулта—4,4 пин çын (вĕсенчен Узбек ССР-не—3 пин çын тата Казах ССР-не—1,4 пин çын ямалла) тата 1957 çулта—5 пин çын (вĕсенчен Узбек ССР-не—3,3 пин çын тата Казах ССР-не—1,7 пин çын) уйăрса ямалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ Узбек ССР-ĕнче тата Казах ССР-ĕнче Выçă çĕçенхирти çĕрсене шăварма тата çав çĕрсемпе ял хуçалăхĕ усă курма пурнăçламалли мероприятисене те çирĕплетнĕ.

1956 çулхи августăн 6-мĕшĕ.

## Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев юлташсем

### Япони ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕпе Мамору Сигемицу господинпа калаçни

Августăн 10-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕррелмĕш секретарĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Членĕ Н. С. Хрущев Япони правительстви Мускаври калаçусене килнĕ делегацийĕн пуçлăхне, Япони ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Мамору Сигемицуна йышăннă та унпа калаçнă. Калаçăва СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Д. Т. Шепилов хутшăннă. (ТАСС).

## *КПСС Центральнăй Комитетĕнче Чехословакири Коммунистсен партийĕн ертсе пыракан деятелĕсене А. Новотный, Р. Барак тата И. Гендрих юлташсене йышăнни*

1956 çулхи августăн 10-мĕшĕнче КПСС Центральнăй Комитетĕнче Чехословакири Коммунистсен партийĕн ССР Союзне кănma килнĕ, халĕ канса Чехословакине таврăнакан ертсе пыракан работникĕсемпе калаçнă.

Калаçăва КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕррелмĕш секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Членĕ Б. Н. Пономарев юлташ, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пĕррелмĕш секретарĕ Антонин Новотный юлташ, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ Рудольф Барак юлташ, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Иржи Гендрих юлташ хутшăннă.

Калаçу чĕререн кăмăллă тата туслăн калаçнипе иртнĕ.

### РЕСПУБЛИКĂРИ РАЙОНСЕМ ГОСУДАРСТВĂНА ТЫРĂ ПАМАЛЛИ ПЛАНА МĔН ЧУХЛĔ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

(Августăн 10-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| | |
|---|---|
| Куракино | 68 |
| Етĕрне | 66 |
| Улатăр | 61 |
| Шупашкар | 60 |
| Канаш | 56 |
| Вăрнар | 55 |
| Пăрачкав | 54 |
| Красноармейски | 52 |
| Шăхасан | 52 |
| Куславкка | 51 |
| Муркаш | 50 |
| Çĕмĕрле | 48 |
| Советски | 44 |
| Елчĕк | 43 |
| Хĕрлĕ Чутай | 41 |
| Çурачăк | 41 |
| Йĕпреç | 39 |
| Калинино | 37 |
| Комсомольски | 35 |
| Сĕнтĕрвăрри | 34 |
| Вăрмар | 32 |
| Тăвай | 30 |
| Чкаловски | 29 |
| Первомайски | 28 |
| Сĕнтĕр | 26 |
| Элĕк | 25 |
| Ишлей | 25 |
| Октябрьски | 23 |
| Çĕрпӳ | 22 |
| Шăмăршă | 18 |

## КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче

### Тырпула тирпейлĕ пухса кĕртессишĕн тата государствăна тырă срокчен парса татассишĕн районсем хушшинче социализмла ăмăрту мĕнле пыни çинчен

КПСС обкомĕн бюровĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçсене лайăх пурнăçласа пынăшăн КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне Красноармейски районĕнчех хăварнă (КПСС райкомĕн секретарĕ Мустаковa юлташ, райисполком председателĕ Федоров юлташ, МТС директорĕ Быков юлташ). Çак район тырпул пухса кĕртмелли плана августăн 10-мĕшĕ тĕлне 74,4 процент, государствăна тырă памалли плана 52 процент тултарнă.

Тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе Çурачăк районĕ (КПСС райкомĕн секретарĕ Логинов юлташ, райисполком председателĕ Осипов юлташ, МТС директорĕ Ялин юлташ), Елчĕк районĕ (КПСС райкомĕн иккĕмĕш секретарĕ Волков юлташ, райисполком председателĕ Степанов юлташ, МТС директорĕ Никишев юлташ), государствăна тырă парас тĕлĕшре Куракино районĕ (КПСС райкомĕн секретарĕ Сизых юлташ, райисполком председателĕ Леонов юлташ, МТС директорĕсем Тупицынпа Игнатов юлташсем), Етĕрне районĕ (КПСС райкомĕн секретарĕ Иванов юлташ, райисполком председателĕ Макашкин юлташ, МТС директорĕ Наумов юлташ) лайăх ĕçленине палăртнă.

### Çĕр мамăкĕ пухса кĕртме тытăннă

Таджикистанри Микоянабад районĕнчи колхозсем республикăра пуринчен те маларах çĕр мамăкĕ пухса кĕртме тытăннă. Августăн 8-мĕшĕ тĕлне вĕсем 500 тонна пухса кĕртнĕ. (ТАСС).

### АВГУСТ УЙĂХĔН МАЛТАНХИ ВУНĂ КУНĔ ХУШШИНЧЕ ЕНЕ ПУÇНЕ СĔТ СУСА ИЛНĔ (литрпа)

| Районсем | Ене пуçне сĕт суса илнĕ | 10 кун хушшинче улшăну (+ е —) |
|---|---|---|
| 1. Улатăр | 86,2 | —11,1 |
| 2. Куракино | 81,5 | — 9,4 |
| 3. Чкаловски | 76,5 | —12,3 |
| 4. Çĕмĕрле | 73,3 | — 5,4 |
| 5. Пăрачкав | 73,3 | —17,1 |
| 6. Первомайски | 71,3 | — 6,3 |
| 7. Йĕпреç | 63,8 | — 1,3 |
| 8. Вăрмар | 63,4 | — 3,2 |
| 9. Вăрнар | 62,7 | — 9,1 |
| 10. Шăмăршă | 62,3 | — 6,5 |
| 11. Çĕрпӳ | 62,3 | — 8,7 |
| 12. Хĕрлĕ Чутай | 60,7 | — 6,6 |
| 13. Елчĕк | 60,3 | — 4,0 |
| 14. Етĕрне | 58,8 | — 5,6 |
| 15. Комсомольски | 57,6 | — 7,1 |
| 16. Тăвай | 54,9 | —10,7 |
| 17. Шăхасан | 53,1 | — 4,9 |
| 18. Канаш | 53,0 | — 1,0 |
| 19. Калинино | 52,0 | — 3,3 |
| 20. Куславкка | 51,1 | — 1,3 |
| 21. Муркаш | 50,0 | — 4,3 |
| 22. Ишлей | 50,0 | — 6,3 |
| 23. Красноармейски | 49,4 | — 3,2 |
| 24. Шупашкар | 47,8 | — 7,7 |
| 25. Советски | 47,1 | — 3,0 |
| 26. Элĕк | 45,2 | — 5,6 |
| 27. Октябрьски | 44,5 | — 0,4 |
| 28. Çурачăк | 44,5 | — 7,4 |
| 29. Сĕнтĕр | 44,0 | — 7,0 |
| 30. Сĕнтĕрвăрри | 33,8 | — 2,4 |

# Строительствăри рабочисем, инженерсемпе техниксем! Ӳстерсе пырăр, строительство пахалăхне



Ӳкерчĕк çинче: М. Степанов юлташ хăй ертсе пыракан бригадăри каменщиксене хаçат вуласа парать.
Н. Никифоровпа Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕсем.

## Хăвăрт, лайăх, илемлĕ тăвар

**Канашри строительствăпа монтаж кантурĕн начальникĕ Н. БОЛДЫШ каласа пани**

Канаш хули хăвăрт ÿсет, илемленет. Пысăк, нумай хутлă çуртсем хутшăнсах пыраççĕ. Юлашки çулсенче çĕнĕ урамсем пулса ларчĕç. Уйрăмах Пушкин урамĕ илемлĕн курăнать. Юлашки ик-виçĕ çул хушшинче кунта нумай хваттерлĕ çуртсем туса ларткă. Çуртсене водопровод кĕртнĕ.

Хулари строительство ĕçне пуринчен ытла строительствăпа монтаж кантурĕн коллективĕ тăвать. Кантура тăватă çул каялла организациленĕ. Вăл пурăнмалли тата культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсене тăвать, Канаш чугун çул узелне аслăлатас тата иккĕмĕш чугун çул линийĕсем хывас тĕлĕшпе ĕçлет. Пирĕн коллективĕ хăй умĕнче тăракан пысăк та ответлă задачăсене лайăх ăнланать.

Малтанхи вăхăтра пирĕн ĕçре чылай йывăрлăхсемпе çитменлĕхсем пулчĕç. Эпир строительство планне йĕркеллĕ тултарса пырайман. Ку вăл, чи малтан, квалификациллĕ кадрсем çителĕклĕ пулманнинчен, ĕçри опыт çителĕксĕррипчен, оборудовани сахаллинчен килнĕ. Çав çитменлĕхсене пĕтерсе пыни пире каярахпа ĕçе лайăхлатма май пачĕ. 1954 çултанпа эпир плана йĕркеллĕ тултарса пыратпăр, убыток тумастпăр. Иртнĕ çулта, акă, плана 106 процент тултарнă. Çулталăк хушшинче 3.500 тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем, вагонсем юсакан заводăн мунчине тата Канашпа Алешово хушшинче иккĕмĕш чугун çулăн перегонне тунă.

Кăçал пирĕн виçĕ пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем тумалла, Алешовăпа Кипеч хушшинче иккĕмĕш чугун çул линийĕ хывмалла, Кипеч станцине ĕçе ямалла т. ыт. те. Паянхи куна пирĕн коллектив пĕррĕмĕш çур çулхи плана 103 процент, июль уйăхĕнчи плана 110 процент тултарнипе кĕтсе илет. Çур çул хушшинче 70 пин тенкĕ таса тупăш илнĕ, ĕç тухăçлăхне планпа палăртнинчен 10 процент ÿстернĕ. Эпир тунă чугун çул линине (6,5 километр тăршшĕ) тата станцине пысăк пахалăхпа йышăннă. Çак кунсенче строительсем валли пысăк столовăй туса пĕтертĕмĕр. Август уйăхĕнче пирĕн пĕр пин тăваткал метр чухлĕ çирĕм хваттерлĕ виçĕ хутлă çурт туса пĕтермелле. Строительсем ăна вунă кун малтан вĕçлессишĕн кĕрешеççĕ. Сентябрь уйăхĕнче «30 лет Чувашии» урамра 24 хваттерлĕ тепĕр пысăк çурт туса пĕтеретпĕр. Купна пĕрлех вагонсем юсакан завод валли 550 çын вырнаçмалăх икĕ хутлă клуб тăвас ĕç анлă сарăлса пырать. Виçĕ вырăнта 24, 57 тата 72 хваттерлĕ нумай хутлă çуртсем тума тытăннă.

Пирĕн коллектив, Хусан трестĕн 203-мĕш кантур коллективĕпе ăмăртăва тухса, кăçалхи плана декабрĕн 25-мĕшĕ тĕлне тултарма, ĕç тухăçлăхне вунă процентран кая мар ÿстерме, строительство хакне виçĕ процент чакарма тата çурт-йĕрсене пурне те срокра, лайăх пахалăхпа туса пĕтерсе ĕçе яма обязательство илчĕ. Шанма пулать, коллектив хăйĕн сăмахне чыслă пурнăçлĕ.

Хамăр умра тăракан задачăсене пурнăçлама халĕ пирĕн мĕн кирли пурте çителĕклĕ. Юлашки çулсенче строительство площадкисем çĕнĕ техникăпа пуянланчĕç. Халĕ чылай ĕçсене механизациленĕ: кран-семпе, транспортерсемпе, самосвалсемпе анлă усă куратпăр.

Кадрсем те халĕ ĕлĕкхи мар. Кулленхи ĕçре пултаруллă специалистсем ÿссе çитĕнчĕç. Малтан штукатурщик пулнă Ахмедзянов, рабочи пулнă Кучапин, арматурщик пулнă Алексеев юлташсем халĕ бригадăсене ертсе пыраççĕ, ĕçре лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ. Чугун çул хывас ĕçре Шмелев прораб пысăк ăсталăхпа пуçарулăх кăтартать. Çурт-йĕр тăвакансем хушшинче прораб Новиков юлташ малта пырать. Ватă рабочи, строительствăра 22 çул хушши ĕçлекен Мыльников юлташ ертсе пыракан штукатурсен бригади задание тăтăшах 140—150 процент тултарать, ĕçе лайăх тăвать. Çавăн пекех Абрамовпа Шарабутдинов каменщиксем, Степановпа Антонов платниксем, Сафин маляр, Немовпа Павлов слесарьсем, Титов, Николаев, Гайнулин, Спиридонов путеецсем тата вуншар ытти рабочисем ĕçре ырă тĕслĕх кăтартаççĕ. Вĕсен ячĕсене пĕтĕм коллектив ăшă кăмăлпа ырласа асăнать.

Анчах калас пулать, пирĕн ĕçре çитменлĕхсем те чылай-ха. Хăшпĕр ĕçĕн, çавăн пекех проектсен пахалăхĕ çителĕксĕр. Машинăсемпе туллин тата кирлĕ пек усă курман тĕслĕхсем те пулкалаççĕ. Тепĕр чухне чул, цемент, тимĕр çителĕклĕ пулманни ĕçре пысăк чăрмав кÿрет. Çав çитменлĕхсене пĕтерсен, паллах, пирĕн ĕçĕн результачĕсем лайăхрах пулмалла.

Умра пысăк задачăсем тăраççĕ. Килес çул пирĕн кантурăн строительство ĕçĕсем ик-виçĕ хут пысăкланмалла. Çулталăк хушшинче 6—7 пин тăваткал метр чухлĕ çуртсем, 880 ача вĕренмелли шкул, больница, кинотеатр, çăкăр завочĕ, чугун çул айĕпе тата çийĕпе çÿремелли çулсемпе кĕперсем тумалла. Çавна май строительство материалĕсем хатĕрлес ĕçĕн виçи те ÿсет. Стройдеталь завочĕ тумалла. Вăл тимĕрбетон конструкцийĕсем, шлакпа бетонран, гипсран, метахран, йывăçран кирлĕ япаласем туса кăларма пуçлать.

## Хисеплĕ ĕç

Çăмăл мар строительсен ĕçĕ. Шартлама сивве, çил-тăмана, çумăра пăхмасăр ĕçлеме тивет пире, каменщиксене. Апла пулин те эпĕ хамăн специальноçа юрататăп, каменщик пулнăшăн савăнатăп. Хăвăн аллупа нумай хутлă пысăк çуртсем лартни чуна савăнтарать. Ăна пула ĕçленĕ чухне ывăçнине, йывăрлăха, çанталăк япăххине те манса каятăн, вăй-хал ÿссе пынинчен тĕлĕнетĕн.

Кĕске вăхăтрах республика столицинче текстильщиксен поселокĕ ÿссе çитĕнчĕ, пир-авăр комбиначĕ тата пысăк теплоэлектростанци ĕçлеççĕ. Вĕсене тума эпир, каменщиксем, сахал мар вăй хунă. Халĕ акă пир-авăр шуратса тасатакан тата сăрлакан фабрика тата ФЗО шкулĕн çурчĕсене чун-чĕререн тăрăшса тăватпăр. Эпир тăрăшса ĕçленине малашне ФЗО шкулĕнче вĕренекенсем те, пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекенсем те ырă кăмăлпа асăнĕç.

Пир-авăр комбиначĕн иккĕмĕш черетне тумалла. Ун валли государство 200 миллион тенкĕ укçа уйăрса парать. Трикотаж фабрики лартмалла, лента тĕртекен фабрикăна урăхлатса çĕнетмелле тата пысăклатмалла. Малашлăхсем пысăк, ĕçсем нумайланаççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви строительсемшĕн хытă тăрăшаççĕ. Уйрăмах паха тĕслĕхсем кăтартакан рабочисене, инженерсемпе техниксене правительство орденсем тата медальсем парса наградăлать. Ĕнерхи хаçатсенчен ырă хыпар пĕлтĕмĕр: Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ республикăри малта пыракан строительсене Хисеп грамоти парса наградăланă. Паянхи уява иртерни çĕршыв пирĕн ĕçе пысăка хурса хакланине пĕлтерет.

Паян кашни строитель хăйĕн çитĕнĕвĕсемпе ÿсĕмĕсене палăртать, çитменлĕхсемпе йăнăшсене тишкерет, малашне тухăçлăрах ĕçлеме пулать. Мĕнле результатсемпе кĕтсе илчĕ-ха çак уява эпĕ ертсе пыракан бригада?—Иртнĕ уйăхри задание вăл 164 процент пурнăçларĕ. Август уйăхĕнче те паха тĕслĕхсем кăтартать. Çак çул пирĕншĕн, каменщиксемшĕн, йывăр çул пулчĕ: час-часах кирпĕч, чул е цемент çитмест. Апла пулин те эпĕ ертсе пыракан бригада уйăхри задание 130 процентран кая пурнăçлани пулман. Пирĕн ĕçе браклани е пăхса туни пулман, заказчиксем асăрхаттарнисем сахал пулнă. Нумаях пулмасть мана «Чи лайăх каменщик» ятне пачĕç. Çакă, савăнтарнипе пĕрлех, манăн ответлăха та ÿстерет. Халĕ эпир ФЗО шкулĕн ачисене хыватпăр.

Бригадăри Н. Якимов, М. Степанов, А. Иванова, Н. Тарасенкова, Т. Храмцова каменщиксем тата вĕсене пулăшакан Л. Павлова тата Е. Степанова работницăсем кирек хăçан та нормăна ирттерсе тултараççĕ, пур ĕçе те паха тăваççĕ. Материалсем çителĕклĕ парса тăрсан пирĕн бригада задачисене кашни уйăхрах 150—200 процент таран тултарса пыма, çапла вара çуртсене хăвăртрах туса пĕтерме пултарать.

Эпĕ Шупашкарти стройкăсенче улттăмĕш çул ĕçлетĕп. Çак тапхăрта 106 çынна каменщик ĕçне вĕрентрĕм. Вĕсенчен маларах вĕренсе тухнисем халĕ 4—6 разрядпа ĕçлеççĕ, çавăншăн хытă савăнатăп. Халĕ виçĕ çамрăка вĕрентетĕп.

Бригада членĕсен ячĕпе малашне тата тухăçлăрах ĕçлеме сăмах паратăп.

**М. СТЕПАНОВ.**
123-мĕш стройтрестри каменщиксен бригадирĕ.

## Çурт-йĕр ăстисем

«Звезда» колхоза кĕрекен ялсем витĕр иртнĕ чухне куç умне пĕр евĕрлĕрех капăрлатнă çуртсем тухса тăраççĕ. Вĕсен никĕсĕсене кирпĕчрен хывнă, çийне хĕçтимĕр е хăма витнĕ, урамалла виçĕ чÿрече каснă, ăна тĕрлĕ эрешсемпе илемлетсе тухнă. Правлени йышăннă план тăрăх (унпа пиро артель председателĕ Степан Яковлевич Яковлев юлташ тĕплĕн паллаштарчĕ), кашни çулах колхозри мĕнпур хуçалăхсен 8 процентне çĕнĕ çуртсем лартса памалла. Çак плана колхозниксем 1951 çулта çырса хатĕрленĕ. Унтанпа 100 ытла колхозник кил-йышĕ çĕнĕ çуртсене пурăнма куçнă, кăçал та çĕнĕ çуртсен йышĕ вăтăра яхăн хутшăнать.

— Хамăр плана эпир яланах ирттерсе тултаратпăр,—тет Степан Яковлевич хавасăн.—Вăтам шутпа çулсерен 25 хуçалăха çĕнĕ çурт лартса памалла пулсан, 30-тан кая нихăш çул та лартса паман. Хăш чухне ытларах та лартатпăр.

Колхозниксен пуянлăхĕн тĕп çăлкуçĕ обществăлла хуçалăх пулса тăнă. Артель членĕсем çавна яланах асра тытаççĕ, обществăлла хуçалăха аталантарассишĕн ырми-канми кĕрешеççĕ.

«Звезда» колхоз 1951 çулта пилĕк артельпе пĕрлешсе пысăкланнă. Унччеихи хуçалăхсен выльăх-чĕрлĕх валли пĕр типовой вите те пулман. Пĕрлешнĕ хыççăн артель правленийĕпе парти организацийĕн хуçалăха тĕреклетессишĕн пысăк вăй хума тивнĕ. Ферма витисене тĕрлĕ ялсене сапаласа лартни колхоза экономика енчен усă пама пултарайман, сиен çеç кÿнĕ. Çавăнпа та правлени фермăсене пĕр çĕрте тума йышăннă, çак решение колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче çирĕплетнĕ.

Артель строительство планне çийĕнчех тунă. Ак тив, хакла ларçăр, анчах ĕмĕрлĕхе пыракан çурт-йĕрсем тăвар, тенĕ колхозниксем. Вара хуçалăхри витесене йывăçран мар, кирпĕчрен тата шлакпа цементран тума йышăннă. Артелĕн строительство планĕ халĕ ăнăçлă пурнăçланса пырать. Юлашки ик-виçĕ çул хушшинче çеç кунта 100 сысна валли вите, 7 автомашина вырнаçмалăх гараж, 300-шер тонна кĕрекен силос башни, çурма башня тата çил вăйĕпе ĕçлекен двигатель туса пĕтернĕ. Артель правленийĕ яланах çакна асра тытать: çĕнĕ çурт-йĕрсем лартни, унти йывăр ĕçсене механизацилени колхозниксене ĕçлеме çăмăллаттăр, сахал вăй хурсах апи-вакăй, сĕт-çу, çăмарта ытларах илме май патăр. Правлени председателĕ С. Яковлев юлташ ку енĕпе малашне тумалли ĕçсем çинчен каласа пачĕ. Сăмахран, халĕхе артельте ĕне фермисем, витесем çитменнине пула, икĕ ялта вырнаçнă. Çавна май, заведующи те иккĕ, доярккăсем те ытларах шутланаççĕ. Вĕсене пĕрлештерни артеле çулталăкра виç-тăватă пинрен кая мар ĕçкунĕ перекетлеме май парĕччĕ.

Колхоз çуртсем çине витмелли хĕçтимĕре государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса туянать.

Халĕхи вăхăтра артельте 130 пуç вырнаçмалăх пăру вити тата 204 ĕне вырнаçмалăх тăватă ретлĕ вите тăваççĕ. Ку вăл чăннипех те пысăк строительство. Икĕ витине те çийĕсене хĕçтимĕр витнĕ, стенисене шлакпа цементран тунă. Тăватă ретлĕ витере Пантелеймон Гавриловпа Тамара Васильева штукатурсем юлашки ĕçсене паян-ыранах вĕçлеççĕ. Стенасене штукатурка туса пĕтернĕ хыççăн унта сĕт сивĕтмелли ванна тумалла, сепаратор вырнаçтармалла, кормушкăсем лартса тухмалла. Вара пĕтĕм ĕç пĕтет. Строительсем çак витене сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерессишĕн кĕрешеççĕ. Артелĕн фермине халĕ 106 ĕне, çулталăк вĕçленнĕ тĕле çак хисепе 140 пуçа çитерме йышăннă.

— Вырăн ытлашшипех пулать,—тет Степан Яковлевич кăмăллăн.—Малашлăх планра 1960 çул тĕлне 180 ĕнене çитерме палăртнăччĕ те ăна çитес çулхинех ирттерсе тултарма тивет пулĕ. Витене пушă лартма аван мар вĕт, чăнах та...

130 пуç вырнаçмалăх пăру вити икĕ хутлă. Аялта пăрусене усраççĕ, çÿлте телятницăсем валли хĕрлĕ кĕтес. Унта радио тата электричество кĕртеççĕ. Артельте кăçал пăрусене малта пыракан хуçалăхсен усă куракан çĕнĕ меслетпе—сивĕ пÿлĕмсенче пăхса усрама палăртаççĕ. Çавна май, витене виçĕ пая уйăрнă. Пăруланă хыççăн малтанхи 15 кун хушши çамрăк пăрусене уйрăм стойлăсенче тăратаççĕ, унтан вĕсене уйăх çурă хушши уйрăм пÿлĕмсенче усраççĕ, кайран вара пысăкрах ушкăнсемпе пăхма тытăнаççĕ. Витене водопровод кĕртнĕ, автопоилкăсем вырнаçтарнă.

Нумаях пулмасть артельти строительсен пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта строительство бригади членĕсем пăру витине тимĕр çул кĕртес ĕçе августăн 12-мĕшĕ тĕлне е урăхла каласан, Строительсен кунĕ тĕлне вĕçлеме пĕр кăмăллăн йышăннă. Кун хыççăн бригада членĕсем, С. Пелеев бригадир ертсе пынипе, çĕнĕ вăйпа, çĕнĕ хастарлăхпа ĕçлеме тытăннă. Çакă вĕсене ĕçре ÿсĕмсем тума пулăшнă. Ĕнер строительсем витене çакса тунă тимĕр çул кĕртсе çитерчĕç, хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçларĕç.

— Строительсен кунне ĕçри çĕнĕ ÿсĕмсемпе паллă тăватпăр, çакă пире пуринчен те ытларах савăнтарать,—теççĕ строительсем.

Артельти строительство бригадине Сергей Иванович Пелеев юлташ нумай çулсем хушши ертсе пырать. Вăл опытлă организатор, хăйĕн ĕçне пĕтĕм кăмăлтан юратакан çын. Строительство ĕçĕ ăнăçлă пыни ăна çав тери хĕпĕртеттерет, чунне çĕклентерет. Пуринчен ытла вăл механизаци çинчен каласма юратать. Кун пирки сăмах хускатсан, унăн сăнĕ сасартăках çуталать, вăл вара автопоилка, водопровод, тимĕр çулсем ĕç тухăçлăхне мĕн чухлĕ ÿстерни çинчен, продукцин хăйне ларакан хакне мĕн чухлĕ йÿнетме пулăшни çинчен каласа пама тытăнать.

Артельти строительсенчен Ефим Иванович Иванов юлташ уйрăмах ырă ята тивĕç. Вăл, шап-шурă сухаллă та кăн-кăвак çусĕлĕскер—85 çула çитнĕ пулин те строительство ĕçĕнчен татăлмасть.

Строительство бригадинче Юлия Самарина, Анастасия Яковлева, Раиса Волкова, Михаил Алексеев бетонщиксем, Алексей Тарасовпа Арсентий Петров платниксем тата Виссарион Волков водопроводчикпа Вадим Пелеев жестяник ырă тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Колхозниксем КПСС XX съезчĕн заданийĕсене ик-виçĕ çул хушшинче пурнăçлассишĕн ăмăрту пуçарнă, вăл кашни кунах çĕнĕ хăватпа çĕкленет, вăйланса пырать. Сывăх çулсенче вĕсен кормоцех, дояркăсем валли 20 çемье вырнамалăх общежити тумалла. Артельти çурт-йĕр ăстисем хăйсене шанса панă ĕçе ăнăçлăн пурнăçлĕç, съезд решенийĕсене срокчен пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăй-халне хурĕç.

**В. ВАСИЛЬЕВ.**
«Звезда» колхоз.
Октябрьски районĕ.

# Шупашкар гидроэлектростанцийĕ

**Пирĕн хаçата вулакансем Шупашкар гидроэлектростанцийĕпе хытă интересленеççĕ. Çакна шута илсе, «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ СССР Электростанцисен министерствине çыру çырса янăччĕ.**

**Пирĕн ыйту çине ответлесе, Гидроэнергопроект институчĕн Мускав уйрăмĕн главнăй инженерĕ Петр Петрович Орлов статья çырса пачĕ. Çав статьяна кусарса пичетлетпĕр.**

Вунçичĕ çул каялла Коммунистсен партийĕн XVIII съезчĕ Атăла тăршшĕпех реконструкцилесе тарăнлатма кирли çине кăтартса панăччĕ. Малтан шутласа пăхнă тăрăх, хăйăр хĕвсе кайнă чи ăшăх вырăнта та Атăл тарăнăшĕ 2,6 метртан кая пулмалла мар пулнă, анчах каярахпа ăна тата та тарăнрах тума палăртнă.

Иртнĕ пилĕкçуллăхсенче «Мăн Атăл» планне пурнăçа кĕртме тытăннă. Сăмахран, Мускăв ячĕпе тăракан канала туса пĕтерсе столицăна тури Атăлпа çыхăнтарнă. Тура Иваньково, Углич, Щербаков тата Горький гидроэлектростанцийĕсене ĕçе янă.

Вăтам Атăл çинче Куйбышев гидроэлектростанцине ĕçлеттерме пуçланă. Çапла ĕнтĕ Атăл çинче Куйбышевă çитиччен пилĕк çĕрте тинĕс пек пысăк водохранилищĕсем сарăлса выртаççĕ. Халĕ ĕнтĕ Атăл Горький гидроэлектростанцийĕ патĕнчен пуçласа Куйбышев водохранилищине çити çеç ĕлĕкхи пек тăрса юхнă. Кунта халĕ шывра тарăн ларакан пысăк кимĕсем çÿреме пултараймаççĕ. Шупашкар гидроэлектростанцине туса лартсан Атăл кунта та тарăнланать.

Сÿлĕ пĕвесемпе картлаланă Атăл схеми çине пăхсан, вăл картлашкаллă пысăк пусăм пек курăнса тăрать—пĕр пĕве тапăнчи тури тепĕр пĕве патне çитет.

Шупашкар гидроэлектростанцин проект заданине 1952 çулта туса хатĕрленĕ. Ӳльки вăхăтра уйрăм кăтусене тепĕр хут тĕрĕслесе тÿрлетеççĕ, тĕрлĕ сооруженисем—пĕве, гидростанци çурчĕн тата шлюзсен проекчĕсене тăваççĕ, Атăла пĕвелеиĕ хыççăн шыв илекен вырăнсене тĕрĕслесе тĕпчеççĕ.

Шупашкар гидроузелне улттăмĕш пилĕкçуллăхра тума тытăнмалла.

Шупашкар гидроэлектростанцийĕ Атăл, Ока, Сăр тата ытти юханшывсен шыв хăвачĕпе ĕçлет. Пĕве çÿлĕшĕ, çурхи шыва пухса, станцие çулталăк хушши ĕçлеттерме шыв тытса тăмалăх пулмалла.

Шупашкар гидроэлектростанцийĕ Чăваш АССР столицинчен 25 километр анатарах, Сĕнтĕрвăррипчен инçех те мар тăварах пулать. Вăл Чăваш, Тутар, Мари республикисене тата тури Атăл энергосистемине электроэнерги парса тăмалла. Электроэнерги тăватă лини тăрăх каймалла: 1-мĕш лини Шупашкар ГЭС-ĕ патĕнчен Горькипе Ковров патне; 2-мĕш лини Шупашкар ГЭС-ĕ—Зеленодольск; 3-мĕш лини Шупашкар ГЭС-ĕ—Шупашкар; тăваттăмĕш лини Шупашкар ГЭС-ĕ—Йошкар-Ола.

Шупашкар гидроэлектростанци ырлăхĕ электроэнерги панипе çеç мар, вăл тата Атăл тăрăх кимĕсем çÿрессине лайăхлатмалла.

Шыв çулне лайăхлатас пулсан, Шупашкар пĕви патĕнче Атăла 21 метр хăпартнипех те çитмелле. Анчах кунта водохранилище туса Атăла тарăнлатнисĕр пуçне электроэнерги ытларах илме тăрăшмалла. Çавăнпа та Шупашкар ГЭС-ĕ патĕнче Атăл шывне 21 метр мар, 24 метр, урăхла каласан, 71-мĕш отметка таран хăпартмалла пулать. Атăл шывне çакăн чухлĕ хăпартсан станци хăвачĕ 840 пин киловатт, каярахпа 980 пин киловата çитерме пулать.

Атăл шывне 21 метр çеç хăпартсан станци хăвачĕ 674 пин киловатран иртме пултараймасть.

Шупашкар гидроузелне çак сооруженисем кĕреççĕ: çĕр купаласа тунă 1-мĕш пĕве, икĕ пусмаллă тата икĕ камерлă шлюз, çĕр купаласа тунă 2-мĕш пĕве, машинăсем вырнаçтарнă çурт, урлă каçса шыв юхса тăракан пĕве тата халĕ пăрахутсем çÿренĕ çĕрте çĕр купаласа тунă виççĕмĕш пĕве. Пĕве урлă Канашпа Йошкар-Ола хушшинчи чугун çул каçса каять, ун урлах автомобиль çулĕ пулать.

Пĕвесен тăршшĕ 4,4 километр, вĕсене пĕтĕмпе 11,3 миллион çĕр купаламалла пулать. Урлă каçса шыв юхса выртакан пĕвене пĕтĕмпех бетонран тăваççĕ, унта 760 пин кубометр бетон хывмалла. Çак пĕве тăршшĕ 495,5 метр, Тимĕр щитсен сарлакăшĕ 20-шер метр пулать. Шыв усса ямалла пулсан, щитсене çĕклеççĕ. Сур-куннехи Атăл тапни вăхăтĕнче çак бетон пĕве урлă секундăра 37.600 кубометр шыв юхать.

Гидроэлектростанци çуртĕнче 70-шер пин киловатлă 12 тĕп агрегат тата 2 запаслă агрегат пулаççĕ. Атăл тапни чухне секундăра турбинăсем витĕр 4.800 кубометр, станци айĕпе тунă шăтăксем тăрăх 18.400 кубометр шыв юхса тăрать.

Станци çуртне 948,6 пин кубометр, кимĕсем çÿремелли шлюзсене 789,3 пин кубометр бетон,—пĕтĕмпе 2,5 миллион кубометр бетонпа тимĕрбетон хывмалла. 54,5 миллион кубометр çĕр, çĕр айĕнчен 900 пин кубометр чул алтса кăлармалла, 52,0 миллион кубометр çĕр суса купалантармалла, 25 пин тонна тимĕр конструкцисем вырнаçтармалла. Шупашкар гидроэлектростанцин тĕп сооруженийĕсене тума çакăн чухлĕ материал кирлĕ: цемент 1.055.000 тонна тĕрлĕ хурçă 230.000 тонна, рельсăсемпе скреплениесем 10.000 тонна, тимĕр шпунтсем 22.000 тонна, хăмасемпе пĕренесем 746 пин кубометр, кирпĕч 85 миллион штук.

Станцие пилĕк çул хушшинче туса пĕтерме палăртаççĕ.




Шупашкар водохранилищи Чăваш АССР, Мари АССР тата Горький облаçне кĕрекен çĕршывсем тăрăх сарăлса каять. Атăл шывне 71,0 отметка таран хăпартсан 324 пин гектар, вĕсенчен 24,4 пин гектар уй-хир, 80,3 пин гектар çарансемпе улăхсем, 169,5 пин гектар вăрмансемпе вĕтлĕхсем шыв айне пулаççĕ. Ялсенче 15.600 киле, хуласемпе поселоксенче 7.300 киле шыв илет.

Шыв илекен ялсене урăх çĕре куçараççĕ. Ăçта куçса ларассине районри Советсен исполкомĕсем пăхса тухаççĕ, автономиллĕ республикăсен Министрсен Совечĕсем е Облисполком татса параççĕ.

Куçармалли çурт-йĕрсем мĕн чухлĕ тăнине хаклама район комиссийĕсем тăваççĕ. Хакласа çырнă акт тăрăх райисполкомсем çурт-йĕр хуçисене укçа тÿлеççĕ, пурлăха урăх вырăна куçарса кайма транспорт параççĕ.

Куçакан кил хуçине государство вăрманĕнчен 20 кубометр йывăç, государство хакĕсемпе строительство материалĕсем (пăта, сăрă, шифер, витмелли турпас т. ыт.) параççĕ.

Шыв илекен хуласемпе поселоксем çаксем: Горький облаçĕ тăрăх—Горький, Бор, Балахна, Городец, Лысково, Правдинск, Б. Козино, М-Козино, Ленински Слобода тата Васильсурск; Чăваш АССР тăрăх—Шупашкар, Етĕрне, Çĕрпÿ тата Сосновка; Мари АССР тăрăх — Чикме, Юрино тата Дубовской.

Проектпа Горький, Шупашкар, Балахна хулисене, Правдинск поселока тата «Красное Сормово» завода шыв илесрен хÿтĕлесе хăварма палăртнă, урăхла каласан, вĕсем хальхи пек хăйсен вырăнĕнчех юлмалла.

Туса хатĕрленĕ Шупашкар ГЭС проектне халĕ Электростанцисен министерствинче пăхса тухаççĕ.

**П. П. ОРЛОВ.**
Гидроэнергопроект институчĕн Мускав уйрăмĕн главнăй инженерĕ.

# Индустрилле меслетсене ĕçе анлăрах кĕртсе, ĕç тухăçлăхне лайăхлатăр, унăн хакне йÿнетĕр!

## Анăçлăх—техникăпа тухăçлă ĕçленинче

Совет строителĕ—ĕçре малта пыракан хастар боец.

Илем кÿрекен хитре çуртсем, больницăсем, шкулсем, санаторисем, ача сачĕсем, стадионсем, культура дворецĕсем, заводсем, фабрикăсем, МТС-сем, пысăк электростанцисем — вĕсем пурте строительсем ĕçе юратса тата ырă кăмăлпа туни çинчен калакан палăксем пулса тăраççĕ. Хамăр республика столици—Шупашкар çине пăхăр-ха. Кунти пысăк çуртсем пурте çĕннисем. Вĕсенчен нумайăшне пирĕн коллектив туса лартнă.

Хула аталанă май, трест та хăвăрт ÿсет. 1946 çулта вăл пурĕ 1,3 миллион тенкĕлĕх çуртсем лартнă пулсан, 1956 çулта 16,4 миллион тенкĕлĕх çĕнĕ çуртсем лартмалла.

Трест çулленех техникăпа хĕçпăшалланать. Çĕр чавмалли экскаваторсемпе, бульдозерсемпе, тĕрлĕ крансемпе усă курса ĕçе çăмăллататпăр, ĕç тухăçлăхне вунăпăр, çирĕмшер хут ÿстеретпĕр. Бетон тата раствор хатĕрлес ĕçе 100 процентлăх механизацилени. Трестăн тракторсем, транспортерсем, растворонасоссем, маляр ĕçĕсене тăвакан станцисем чылай. Гаражра хĕрĕхе яхăн автомашина, малашне вĕсен шучĕ виçĕ-тăватă хут ÿсет.

Паллах, çак вăйлă механизмсемпе анлăн усă курма техникăна лайăх пĕлекен кадрсем кирлĕ. Трестра çавăн пек кадрсем ÿссе çитĕнчĕç. Юрий Сидоров—пирĕн лайăх экскаваторщик. Вăл сменăри задание тăтăшах 180—250 процент тултарать. Хăйне шанса панă агрегата юратса пăхать, таса тытать, çавăнпа та унăн экскаваторĕ яланах пĕр кăлтăксăр ĕçлет.

А. Безрук, А. Бардина, С. Кондратьева, А. Сисова мотористкăсем бетон хатĕрлемелли технологие лайăх вĕренсе çитрĕç.

Анна Безрук 67 хваттерлĕ çуртăн никĕсне хывнă çĕрте ĕçлет.

— Пирĕн Аня ÿркенмесĕр ĕçлет, маттур, пултарать,—мухтать Усов прораб. Çак сăмахсене илтсен Анна Безрук хĕрелсе каять, вăтанать. Цемент çитеймен парса тăрсан Аня сменăра 24 кубометр таран бетон тума пултарĕ. Цемент çук чухне вара вăл питĕ пăшăрханать:

— Пирĕн трест цемент енчен пĕрмаях пысăк кутна курать. Мĕншĕн Вольскри тата Шурковăри цемент заводĕсенче ĕçлекенсем пире кирлĕ пек пулăшмаççĕши?—тет вăл.

Цемент—питĕ кирлĕ материал. 500 тонна ытла цемент илеймерĕмĕр эпир çак ăсăннă заводсенчен. Мунча, 23 хваттерлĕ çурт, 24 хваттерлĕ икĕ çурт никĕсĕсене хывмалла, анчах цемент çукки чăрмантарать.

Материалсем çителĕксĕр пулсан та строительсем ĕç тухăçлăхĕшĕн, плана тултарассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешеççĕ. Трест июль уйăхĕнчи плана 146 процент тултарчĕ. Ку çĕнтерÿ—«Строительсен кунĕ» ячĕпе тунă парне.

Çитес кунсенче педагогика институчĕн çуртне туса пĕтермелле. Мĕнле илемлĕ çурт ÿссе ларчĕ хула варринче! Нумаях та вăхăт иртмĕ—унти аудиторисенче, коридорсенче студентсен савăнăçлă сассисем илтĕнĕç.

Корпусăн виçĕ хутĕнче ĕçсем пĕтсе пыраççĕ. Штукатурсем, малярсем, платниксем, бетонщиксем юлашки хута туса пĕтерессишĕн кĕрешеççĕ.

Çак кунсенче институт проекчĕн главнăй архитекторĕ Крылов юлташ Мускавран килсе кайрĕ. Вăл строительсен ĕçне мухтарĕ.

— Педагогика институчĕн çурчĕ Шупашкарта чи пысăк çурт шутланать. Строительсем ĕçе юратса, паха тăваççĕ,—терĕ проект авторĕ.

Институт çуртне тата 49 хваттерлĕ çурта механизмсемпе штукатурка тăваççĕ.

— Штукатурка тăвасси—йывăр ĕç, ăна таса тумалла,—тет трестри паллă штукатур Зинаида Чуплыгина. Вăл хăйĕн ĕçне юратать, çамрăксене вĕрентет. З. Чуплыгина юлташ пĕрмаях чи кăткăс ĕçсене хăй тăвать. Вăл кашни уйăхрах прогрессивлă тăрăх преми илет. Ун пек специалистсем нумай пирĕн. Ли Ден Цуй, Л. Мухина, А. Сазонова, С. Васильев штукатурсем, П. Глухов, Костин малярсем... Çамрăк хĕрачасемпе арçынсем специальность туянма тăрăшаççĕ.

Вĕсене пулăшас тесе курс уçрăмăр. Курса 40 çынна яхăн çырăнчĕ. Вĕренĕве ертсе пыма Н. Попукалов инструктора хушнă. Малтанхи вăхăтра вĕренекенсем кельмăна, сокола, теркăна тытма, штукатуркăна мĕнле тумаллине те пĕлместчĕç, анчах тăрăшни сая каймарĕ. 17 çынна виççĕмĕшпе тăваттăмĕш разряд панă. Халĕ вĕсем 49 хваттерлĕ çурт тунă çĕрте ĕçлеççĕ.

— Пире сантехника ĕçĕсем кăна тытса тăраççĕ. Трубасем, ваннăсем çитмеççĕ,—тет Ф. Сычев прораб.

Трубасем çуккипе хăшпĕр çĕрте рационализаторла сĕнÿсемпе усă курма тивет. Ача çуратакан çуртăн ăшă паракан системине икĕ трубаллинчен пĕр трубаллă тумалла пулчĕ. Трубасем çинчен министерствăна темиçе хут та çырнăччĕ, паянхи кунта çитсе те ответ илеймерĕмĕр-ха.

Пирĕн трест—ÿсе пыракан организаци. Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче унăн программи 70 миллион тенке çитмелле.

Сталин ячĕпе тăракан проспектра трест пысăк общежити тăвать. Кунта И. Муравьев ертсе пыракан каменщиксен бригади ĕçлет. Вăл стенасене купаласа пĕтерчĕ. Халĕ пÿрт тăррине витеççĕ, перегородкăсем тăваççĕ, урайсене сараççĕ. Ĕçе часрах пĕтерес тесе Марфа Павловна прораб икĕ смена валли график турĕ, халĕ ăна ăнăçлă пурнăçлаççĕ. Çак общежитие туса пĕтерсен, трестри рабочисен йăла условийĕсем чылай лайăхланаççĕ.

Шупашкар хули ÿсе илемленет. Çакă чăваш халăхне, çĕршыври ытти халăхсемпе пĕрле, коммунизмшăн кĕрешме хавхалантарать.

**И. КОЗЛОВ.**
«Чăвашстрой» трестăн главнăй инженерĕ.



Çĕмĕрле хулинче пурăнмалли çурт тунă çĕрте ĕçлекен штукатурщица П. Быкова ĕçре. Вăл сменăри нормăна яланах ирттерсе тултарать.
И. Никифоров фотоÿкерчĕкĕ.

## Вăрман поселокĕнче

Çĕмĕрле вăрманпромхозĕ çултан-çул аталанса пырать. Халĕ вăл механизациллĕ пысăк предприятисенчен пĕри шутланать.

Речной поселокри икĕ-тăватă хваттерлĕ çуртсене пĕтĕмпех иртнĕ пилĕкçуллăхра тунă. Поселокра электростанци, клуб, шкул, фельдшерпа акушер пункчĕсем, радиоузел, почта, перекет касси, столовăй, магазин, пекарня, механизациленĕ мунча, прачечнăй, вокзал, киноустановка пур.

Вăрманпромхозра пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра 3 миллион тенкĕлĕх производство çурт-йĕрĕсем тунă, 5 миллион тенкĕлĕх ансăр чугун çул хывнă, 4 миллион та 300 пин тенкĕлĕх пурăнмалли тата культурăпа йăла çурт-йĕрĕсем тунă. Çав вăхăтра 60 километр тăршшĕ чугун çул хывнă, лесотарнăй цех, халăха куллен кирлĕ япаласем тăвакан цех, туратсене ваклакан агрегат, пăспа ĕçлекен электростанци туса лартнă. Кăçал ансăр чугун çула тата 10 километр чухлĕ тăсаççĕ.

Кăçалхи çичĕ уйăхра 610 тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем тунă, çак çывăх кунсенчех тата 900 тăваткал метр чухлĕ туса пĕтереççĕ. Речной поселокĕнче тăватă хваттерлĕ 6 çурт туса пĕтернĕ. Çичĕ çул вĕренмелли шкул çуртне тума тытăнаççĕ.

Пĕтĕм строительство ĕçĕсене капитальнăй строительство пайĕн рабочийĕсем тăваççĕ. Вĕсем хушшинче малта пыраканĕсем чылай. М. Петров мастер ертсе пыракан бригада çичĕ уйăхра çулталăкри плана 74 процент тултарчĕ. Платниксен бригадирĕ С. Самойлов юлташ вăрманпромхозра 1935 çултанпа ĕçлет, унăн бригади кĕперсем тумалли плана кашни çулах ирттерсе тултарать. Çавăн пекех Батраков, Титов платниксем, Денисов каменщик, Дверникова, Егоркина, Павлова, Медведева тата ытти рабочисем те нормăна яланах ирттерсе тултараççĕ. Вĕсен ячĕсене вăрманпромхозри Хисеп хăми çине çырса хунă. Малта пыракан производственникĕсем Строительсен кунĕ ячĕпе сменăри нормăна 120 процентран кая мар тултарса пыраççĕ.

**Л. РУМЯНОВ,**
Вăрманпромхозри партбюро секретарĕ.

## Кирпĕч ытларах парар!

Шупашкарти кирпĕч завочĕ çур çулта чĕрĕ кирпĕч тумалли плана 114,2 процент, кирпĕч хĕртмелли плана 100,1 процент тултарчĕ. Заводра паллă производственниксем ÿсе çитĕнчĕç. Вĕсенчен Зайцев, Чеснокова, Басова, Семенова, Казанцев, Мамаева юлташсем сменăри нормăна тăтăшах 130—200 процент тултараççĕ. Косолапова, Семенова, Антонова, Васильева кирпĕч, Мордвинов, Тябова юлташсем те тăрăшса ĕçлеççĕ. Л. Антоновăпа К. Васильевăна производствăра нумай çул хушши ăнăçлă ĕçленĕшĕн Строительсен кунĕ ячĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

Кунта çулталăк тăршшĕпех кирпĕч тăвакан цех тунă. Вăл, вăхăтлăх ĕçлекен цехпа танлаштарсан, темиçе хут вăйлăрах. Камерăна хурса тултарас тата пушатас ĕçсене механизациленĕ. Кивĕ цехра чĕрĕ кирпĕч тиенĕ вагонеткăсене илсе пынă çĕрте 12 çын ытла ĕçлет пулсан, çĕннинче 2 çын кăна ĕçлет. Кирпĕче тиpetĕме те 2—3 талăк çеç кирлĕ. Çавăн пекех кирпĕче типĕтнĕ çĕрте хĕртнĕ пухне пулакан газпа усă кураççĕ. Ку вăл топливо нумай перекетлеме май парать.

Анчах цеха хĕллехи вăхăтра та пĕр татти-сыпписĕр ĕçлемелле туса çитереймен-ха. 123-мĕш стройтрестăн 890-мĕш УНР коллективĕ çак цеха июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне пĕтĕм хăвачĕпе ĕçе ямалла пулнă. Çак ĕçе паянхи кунччен пурнăçламан.

Стройтрест кирпĕч заводĕнчен паха кирпĕч нумай пама ыйтать, анчах трест руководителĕсем завода кирлĕ пек пулăшма шутламаççĕ. Юлашки уйăхра вĕсем кирпĕч заводĕнчи строительствăпа монтаж ĕçĕсене чарса лартрĕç.

Кирпĕч завочĕн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Оборудованипе тата механизмсемпе туллин усă курмаççĕ, заводпа карьера çыхăнтаракан ансăр чугун çул хывассипе вăраха тăсса пыраççĕ. Заводăн хĕллехи вăхăтра ĕçлеме 30 пин кубометртан кая мар тăм хатĕрлемелле. Анчах ку ĕçе халĕ те тытăнман. Ку çеç те мар, çуллахи кунсенче те тăм вăхăтра турттарса тăман пирки агрегатсем час-часах ĕçлемесĕр лараççĕ. Автотранспорт кантурĕ те айăплă, мĕншĕн тесен вăл тăм турттарма транспорт йĕркеллĕ уйăрса памасть.

Заводри парторганизаци агитколлектив ĕçне кирлĕ пек йĕркелемен. Агитаторсем семинарĕсене сайра хутра кăна ирттереççĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем хушшинче КПСС XX съезчĕн решенийĕсене пропагандăлас тĕлĕшпе ĕçлемеççĕ.

Завод территорийĕнче тата цехсенче нагляднăй агитаци сарса яман. Кунта тахçанхи кивелнĕ лозунгсем çакăнса тăраççĕ, хаçат витринисем сахал. Рабочисенчен чылайăшĕ чăвашсем пулсан та, чăвашла хаçат витрини туман. Стена хаçачĕ те вăхăтран вăхăта кăна тухса тăрать, цехсенче боевой листоксем кăлармаççĕ. Малта пыракан производственниксен опытне ытти рабочисем хушшине сарма тăрăшни курăнмасть.

Администрацийĕпе профсоюзăн заводри комитечĕ рабочисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатас енĕпе нимех те тумаççĕ-ха. Уйрăмах вăхăтлăх ĕçлекенсемшĕн тăрăшмаççĕ. Вĕсем пурăнакан общежитисенче инвентарь çителĕксĕр, ĕçме шыв вĕретсе памаççĕ, апат пĕçерме вутă та çителĕклĕ кÿрсе килмеççĕ.

Çакнашкал çитменлĕхсем ĕç дисциплинине пăсасси патне илсе пыраççĕ. Чылай рабочисем прогул тăваççĕ, хăйсен ирĕкĕпе ĕçрен пăрахса каяççĕ тата ĕçе ÿсĕр пырса кĕрекенсем те пулкалаççĕ.

КПСС хула комитечĕн бюровĕ хăйĕн ларăвĕнче кирпĕч заводĕнче политикăллă масçăллă ĕçе мĕнле туса пыни çинчен сÿтсе явнă. Вăл завод туса кăларакан кирпĕч начаррине, рабочисем хушшинче социализмла ăмăртăва анлăн сарса яманнине, пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе таткăлă мерăсем йышăнманнине палăртнă.

Çакăн хыççăн та заводра тивĕçлĕ улшăну пулмарĕ. Июль уйăхĕнче чĕрĕ кирпĕч тăвассипе те, кирпĕч хĕртессипе те плана тултарайман. Завод çак уйăхра та график тăрăх ĕçлесе пыраймасть.

**А. ВИКТОРОВА.**




*Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви Чăваш АССР экономикине аталантарма тăрăшаççĕ, предприятисем, çуртсем, шкулсем лартма укçа-тенкĕ нумай уйăрса параççĕ. Ăна çак диаграммăсенчен лайăх курма пулать.*



Ÿкерчĕк çинче: 123-мĕш стройтрестри 891-мĕш УНР платниксен бригадирĕ И. Андрюшкин юлташ (сылтăмри) Н. Черепанов платникпе калаçать.
Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## Хуçалăх центрĕ

ТĂВАЙ. КПСС XX съезчĕ хыççăн Эльпуçĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозра хуçалăх строительствин планне туса хатĕрлерĕç. Çав плана ÿкерме Шупашкарти проект кантурĕн сотрудникĕсем пулăшрĕç.

Ун чухне планпа пăхнă хуçалăх центрĕ пулмалли вырăнта уй-хир кăначчĕ.

Халĕ вара шăпах планпа палăртнă тĕлте 18,5 гектар лаптăк çинче тем анлăш строительство пырать. Иртен пуçласа каçчен хĕрÿллĕ ĕç вĕрет. Бульдозер кĕрлени, автомашинăсен сасси, йывăç çуракан рама шавĕ тăстанах илтĕнсе тăрать. 118 çынтан тăракан строительство бригади çак кунсенче колхоз правленийĕпе ял Советĕн пысăк çуртне, шлакпа бетонран тимĕрçĕ лаççине, столярнăй мастерской туса лартрĕ, шлакпа бетонран 120 пăру валли вите стенисене купаласа пĕтерчĕ. Шлакпа бетонрамах 200 ĕне валли 4 ретлĕ вите, 500 сурăх усрамалăх вите тăвать. Бульдозерпа алтса 800 тонна кĕмелĕх силос траншейи, 300 тонна çĕрулми тата пахча çимĕç хума подвал тăваççĕ.

Строительсем хăйсен нормине пĕлсе, ăмăртса ĕçлеççĕ. Кăтарту хăмисемпе боевой листоксем урлă ăмăрту итогĕсене çутатсах тăраççĕ. Нормăна ирттерсе тултаракансене ĕçкунĕ хушса тÿлеççĕ тата укçан параççĕ.

**Г. МАТВЕЕВ.**

## Материалсем çитмеççĕ

Хусан чугун çулĕн Канашри строительствăпа монтаж кантурне организациленĕренпех эпĕ столяр пулса ĕçлетĕп. Хамăн специальноçа лайăх вĕренсе, хăнăхса çитрĕм. Тăван çĕршыв пире, строительсене, хисеплĕ ĕç шанса панă. Эпĕ хамăн тивĕçе чыслă пурнăçласа пыратăп, ĕç нормине пĕрре çурă хут ирттерсе тултаратăп.

Анчах калас пулать, хăшпĕр чухне пире йывăç материалсем вăхăтра парса тăмаççĕ, кятль тăратаççĕ. Материал çителĕклĕ пулсан эпир тата тухăçлăрах ĕçлеме, продукци ытларах туса кăларма пултаратпăр.

**Н. ХЛЫСТОВ.**

# Чуна парса ĕçлекенсем

ОЧЕРК

Пуху питĕ шавлă та хĕрÿллĕ пулнă...

Леонид Григорьевич Поляков—123-мĕш стройтреста кĕрекен 891-мĕш УНР начальникĕ — кăçалхи пĕрремĕш квартал итогĕсем çинчен туса панă доклад пурне те пăлхатса, хумхатса янă. Квартал планĕ тулман иккен, лайăх ĕçлесе тупăш илес вырăнне, виçĕ уйăх хушшинче 220 пин тенкĕ ытла убыток пулса тăнă. Тÿрĕ чунлă çын мĕнле лăпкăн йышăнма пултартăр-ха çак хыпара?! Государство кунти строительсене питех те ответлă ĕçсем шанса панă—вĕсен Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн çĕнĕ цехĕсене, Шупашкар ТЭЦ-не, çул-йĕр машинисем тăвакан тата юсакан завода, Улатăрти, Тăвайри тата Октябрьскинчи МТС-сене, Комсомольскипе Çĕрпÿри сĕт завочĕсене тумалла. Кашни стройкăн хăйĕн срокĕ пур, анчах 891-мĕш УНР çав ĕçсене тытăнсанах, пирвайхи виçĕ уйăхра задание пурнăçламан, хăй япăх ĕçленине кăтартнă. Строительсен—рабочисен, инженерсемпе техниксен 700 çынлă коллективĕшĕн çакă вăл пысăк намăс пулнă. Çавăнпа та ĕнтĕ питĕ шавлă, хĕрÿллĕ пулнă вĕсен пухăвĕ.

Управленири хăшпĕр руководительсем плансем тулманнине «объективлă сăлтавсемпе» тÿрре кăларма тăрăшнă («эпир—тин çеç ĕçлеме тытăннă, пĕррĕмĕш квартал пирĕн—организациллĕ тапхăр пулнă...», «строймaтериалсем вăхăтра килмерĕç...», «рабочисем çитмеççĕ...»), анчах вĕсем никама та ĕнентерсе хăпалантарма пултарайман.

— Сăлтавсен хÿттине пытанса лармалла мар пирĕн, пур çитменлĕхсене те палăртса—малашне вĕсене мĕнле майпа пĕтересси çинчен, строительство планĕсене чыслăн тултарса пырасси çинчен каласмалла!—тенĕ строительсем. Пĕрин хыççăн тепри тухса каланă вĕсем, ку тараничченех пулнă çитменлĕхсемпе чăрмавсене палăртнă, малашне ĕçсене кирлĕ пек йĕркелесе пыма паха сĕнÿсем панă.

Юлашкинчен пуху çакăн пек йышăннă: пăянхи паха сĕнÿсене пурне те шута илмелле, иккĕмĕш квартал планне епле пулсан та тултармалла, пĕррĕмĕш кварталта пулнă убытока витсе пымалла!

Çирĕп пулнă строительсен сăмахĕ. Хăйсем илнĕ социализмла обязательствăсене УНР-891 коллективĕ чыслăн пурнăçа кĕртнĕ: иккĕмĕш квартал итогĕсене хисеплесе çитерсен, квартал планĕ 104,5 процент тулни палăрнă. Рабочисем çителĕклĕ пулманнине шута илсен, кашни рабочи кварталти нормăна 107,5 процент тултарни курăнать. Ĕç тухăçлăхĕ ку кварталта 3,1 процент ÿснĕ, строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакĕ 0,66 процент чакнă.

Июль планне коллектив каллех 104,3 процент тултарнă.

...Пирĕн умра—123-мĕш стройтрестри парти организацийĕсем, постройком, ВЛКСМ комитечĕ тата трест управленийĕ кăларса тăракан «Строитель» хаçатăн юлашки номерĕсенчен пĕри. Унта, умстатйи вырăнне, трестри пĕрлешÿллĕ постройкомăн постановленине пичетленĕ. Çак постановленипе сăмах иккĕмĕш кварталти социализмла ăмăрту итогĕсем çинчен пырать.

«—Ăмăртура пĕррĕмĕш вырăна 891-мĕш УНР коллективĕ йышăннă тесе шутлас, ăна трест управленийĕпе пĕрлешÿллĕ постройкомăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ хăвăне парас...»

Аялтарахра — иккĕмĕш кварталта хăйсен пархатарлă ĕçĕпе маяк тухнă чи лайăх рабочисен тата уйрăм бригадăсен списокне вулатпăр. Вĕсем хушшинче каллех 891-мĕш УНР çыннисемпе бригадисене куратпăр:

— Трестри чи лайăх каменщик—М. С. Степанов.

— Трестри чи лайăх платник—И. Д. Андрюшкин.

Виçĕ бригадăна—Д. Балашов ертсе пыракан платниксен бригадине, А. Иванова ертсе пыракан бетонщиксен бригадине тата Е. Волкова ертсе пыракан тĕрлĕ ĕçри рабочисен бригадине «Трестри чи лайăх бригада» ятне панă. Хисеплĕ, чыслă ят! Ăна вĕсем хăйсен хастарлă ĕçĕпе илнĕ...

Анчах кунти пултаруллă строительсемпе лайăх бригадăсем çаксем çеç тесен пысăк йăнăш пулĕччĕ. Чуна парса, ырми-канми ĕçлекенсем, ялан Хисеп хăми çинче пулакансем, Хисеп грамотисемпе премисем илекенсем, ĕç нормисене пĕрмай ирттерсе тултаракансем питĕ нумай кунта.

УНР постройкомĕнче пире малта пыракан бригадăсемпе строительсен списокне кăтартрĕç. Пысăк вăл, хаçатра вĕсене пурне те асăнма май та çук. Уйрăмах, акă, Люба Макарова комсомолка, строительсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнче пулнă чăваш хĕрачи ертсе пыракан штукатурсен—комсомолецĕсемпе çамрăксен бригадине, КПСС членĕ В. Васильева ертсе пыракан штукатурсен бригадине, М. Автономова тата Т. Филиппова ертсе пыракан тĕрлĕ ĕçри рабочисен бригадисене мухтаççĕ.

Эпир стройкăра лайăх ĕçлекен хастар çынсене курас, вĕсемпе çывăхрах паллашас, терĕмĕр. Пире пир-авăр комбиначĕн пир-авăра шуратса сăрлакан цехне тунă çĕре илсе кайрĕç. Унăн кăлама та çук вăрăм, сарлака та çÿлĕ корпусне купаласа çитерсе ĕнтĕ, халĕ шалти ĕçсене тăваççĕ: бетонщиксем урайне бетон сараççĕ,—штукатурсем стенисене штукатурка тăваççĕ. Унпа юнашар пичетлĕх цех корпусĕ ÿсе ларнă. Пур çĕрте те ĕç вĕрет, кашни хăй участокĕнче тăрăшать... Çакăнта вара эпир хамăр курас тенĕ хăшпĕр çынсемпе тĕл пултăмăр.

* * *

Михаил Степанович Степанов ача чухнех, вуннăка çитсенех хăйĕн ашшĕпе пĕрле ялсем тăрăх кăмака туса çÿренĕ. Ÿсеренпе хăй тĕллĕн те кăмакасем сахал мар купаланă. Унтан вăл тимĕрçе вĕреннĕ, анчах хăй малтан хăнăхнă «иляти каменщик» ĕçне пăрахман.

1942 çулта вунсакăр çулхи Миша вăрçа кайнă, тĕрлĕ йышши çарсенче те пулнă, мирлĕ тапхăр пуçлансан çарта та строительство енĕпе ĕçленĕ, 1947 çулта партие кĕнĕ. 1950 çулта киле таврăнсан вара тÿрех пир-авăр комбинатне тунă çĕре килсе кĕнĕ. Темпĕн-çке, ăна малтан каменщика илесшĕнех пулман, анчах ĕçе вырнаçсан, малтанхи уйăхрах вăл кирпĕч купаланă çĕрте задание 300 процент ытла тултарнă та, виçĕ уйăх ĕçлесен ăна бригадир туса хунă. Çавăнтан вара вăл каменщиксен бригадирĕ пулса ĕçлет.

— Чылай çуртсем купаларăм эпĕ хамăн юлташсемпе пĕрле,—тет Михаил Степанович.—Ялхуçалăх институчĕн общежитийĕ, 11-мĕш вăтам шкул, ТЭЦ, тăватă хутлă икĕ çурт, пушар депови,—çаксем пурте эпир тунисемех. Халĕ акă ФЗО шкулĕн çуртне тума тытăнтăмăр. Материал çукрах кансĕрлет-ха...

Шупашкарта ĕçлеме тытăннăранпа вăл 106 çамрăка каменщик ĕçне вĕрентнĕ, темиçе уйрăм бригада хатĕрлесе панă. Хăйĕн хальхи бригадинче ĕçлекенсем хушшинче те çурри ытла — вăл вĕрентнĕ çамрăксем.

— Лайăх ĕçлеççĕ,—тет Михаил Степанович вĕсем çинчен.—Акă, Илья Якимов, Мефоди Стефанов, Нина Тарасенкова, Шура Иванова, Татьяна Храмцова илер... Вĕсем ĕнтĕ хамран юлмаççĕ, темелле, вĕренсе çитрĕç. Тăрăшаççĕ! Вĕтамран шутласан, пирĕн план 133 процент тулса пынă, июль уйăхĕнче 164 процент патăмăр. Материал вăхăтра тата çителĕклĕ пулсан—унтан та ытларах тума пулатчĕ те...

Материал пирки Михаил Степанович пĕрмаях асăнать.

— Эпĕ тап-тĕрĕс шутласа кăлартăм,—тет вăл, — материал пулсан, ĕçе лайăх организацилесен, 20 çынлă бригадăпа çулталăкра 4 хутлă икĕ çурт купалама пулать! Услови туса паччăрччĕ мана, кăтартăттăм эпĕ çавна!

М. С. Степанов—трестри чи лайăх каменщик кăна мар, вăл—общественла ĕçе активлăн хутшăнакан çын. Иртнĕ суйлавра ăна хула Совечĕн депутатне суйланă, пĕлтĕр кĕркунне ăна КПСС хула комитечĕн тата КПСС Чăваш обкомĕн членне суйланă.

Хăй вăл çамрăк-ха, вăтăр çула çеç çитнĕ, чăн-чăн вăйпитти çын. Ĕçе чун-чĕререн парăнăскер, вăл малашне нумай-нумай çуртсем купалĕ-ха, халăх валли чаплăран та чаплă керменсем сахал мар тăвĕ!

...Иван Данилович Андрюшкин—питĕ ăста платник. Вăл та, 1948 çулта çартан демобилизаци йĕркипе таврăнсанах, пир-авăр комбинатне тунă çĕре килнĕ.

— Чи малтанхи çуртсене кунта пурне те эпир тунă,—каласа парать вăл.—Пĕр çулталăк ĕçлесен бригадир турĕç те, çавăнтанпах ертсе пыма тивет...

Унăн бригадинче 13 çын. Ватăраххисем те пур унта, çамрăкраххисем те, хăшĕсен ăсталăхĕ пысăкрах, теприсен — каяраx, анчах бригадă питĕ туслă, çирĕп. Çамрăксене ĕç вăхăтĕнчех вĕрентсе пыраççĕ, вара лешсем разрядран разряда куçаççĕ. Ĕçре ку бригадăн нихçан та брак пулмасть, мастерсемпе техниксем вĕсен ĕçне яланах ырласа йышăнаççĕ.

— Плансене мĕнле тултарса пырать сирĕн бригада?—тесе ыйтсан, Андрюшкин юлташ, темпĕн именнĕ пек пулса:—Çĕр аллă процентран кая тултарнине астумастăп,—тет.

Унтан хăйĕнпе юнашар ларакан сарăрах сухаллă старик çине пуçĕпе сулса кăтартать:

— Çакăн пек çынсемпе епле кая юлса пыратăн?

Старикĕ—Николай Алексеевич Черепанов, Саратов вырăсĕ, 60 çула çитнĕ, анчах патвараскер. Вăл та кунта 1949 çултах килнĕ, малтан рабочисем пурăнмалли çуртсем тунă, унтан комбинат корпусĕсене тунă çĕре куçнă.

— Çемйипех ĕнтĕ эпир кунта,—тет старик,—икĕ хĕрĕм цехсенче ĕçлеççĕ...

— Кайма шутламастăр-и кунтан?

— Мĕн тума каяс? Кунта эпир халĕ те тăван килти пекех пурăнатпăр. Хваттер пĕчĕкрех те-ха, пысăкраххине те параççĕ пулĕ, тетĕп, çуртсене хамăр тăватпăр вĕт!

...Люба Макарова бригади—вунултă чăваш хĕрĕ—çĕнĕ цехăн стенисене шал енчен штукатурка тăватчĕ. 1952 çулта ВЛКСМ Октябрьски райкомĕн командировкипе комбинат тунă çĕре нимĕнле специальноçсăр килсе кĕнĕскер, Люба штукатурсен бригадинче ĕçлеме тытăннă. Виçĕ уйăх вĕреннĕ хыççăн ăна бригадир тунă. Яланах лайăх ĕçлесе пынă вăл, хăйĕн юлташĕсене те вĕрентнĕ. Халĕ унăн бригади задание 130—150 процент тултарса пырать, ĕç пахалăхĕ—лайăх.

Строительсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнче вăл Н. С. Хрущев юлташ докладне итленĕ, таврăнсан канашлура мĕн илтнипĕлнисем çинчен хăйĕн юлташĕсене те, трактор пайĕсем тăвакан заводри çамрăк строительсене те кайса каласа панă.

— Çавăнтан вара манăн тата лайăхрах ĕçлес килекен пулчĕ,—тет Люба.—Темшĕн-çке час-часах материалсăр ларатпăр... Çав касать пире.

Хăйĕн бригадинчи ытти хĕрсем çинчен ыйтма пуçласан, Люба çав тери туллин кăмăлпа калаçа пуçларĕ:

— Çырăр: Руфа Калинина, Валя Тимофеева, Таня Николаева, Павлина Дружинина тата ыттисем те...—Вăл кулса ячĕ.—Пурне те çырăр, тĕрĕсрех пулать. Пурте лайăх!..

...Елена Волковăпа Мария Филиппова—вăтам çулхи хĕрарăмсем—темиçе çул каялла пĕри Советски районĕнчен, тепри Элĕк районĕнчен килнĕ. Специальноçсăр ç्युлкипе, вĕсем тĕрлĕ ĕçсенче ĕçленĕ. Анчах хăйсем тăрăшса ĕçленине кура, вĕсене тĕрлĕ ĕçри рабочисен бригадирĕсем тунă. Питĕ ырлаççĕ вĕсене, мĕншĕн тесен вĕсен бригадисем хуть те епле ĕçе те тĕплĕ, тирпейлĕ тăваççĕ. Волкова бригадине халĕ чи лайăх бригада ятне панă, Филиппова бригади кунсерен ĕç хыççăн юлса, бетонщиксен специальноçне вĕренсе çитнĕ.

Çавăн пек хастарлă çынсем ĕçлеççĕ 891-мĕш УНР коллективĕнче. Нумай вĕсем. Шăп та çавсем ĕнтĕ плансене ирттерсе тултараççĕ, çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнÿсем тăвас ĕмĕтпе пурăнаççĕ.

**Леонид АГАКОВ.**

# Тĕнчери лару-тăру

## ĔÇÇЫННИСЕН СТАЧКĂЛЛА КĔРЕШĔВĔ ВĂЙЛАНСА ПЫРАТЬ

Юлашки ик-виçĕ уйăх капитализмлă çĕршывсенчи, колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ĕççыннисен стачка юхăмĕ вăйланнипе паллă пулчĕ.

Июль уйăхĕнче США-ри хурçă шăратакан промышленноçри 650 пин рабочи пĕтĕм уйăхĕпех забастовка турĕ. Вĕсем ĕç укçине, ĕççĕр тăрса юлнă пирки паракан пособисене ÿстерме тата хăйсен пурнăçне лайăхлатма ыйтса чылай требованисем лартнă, вĕсене тивĕçтермелле тăвассишĕн кĕрешнĕ. Ку вăл нумай вăхăта пынă вăйлă кĕрешÿ пулнă. Президент суйлавĕ çывхарса килнине кура Америка правительстви забастовкăсене чарса лартма ирĕк паракан законпа усă курма хăйман. Ун вырăнне рабочисене ирĕксĕрлемелли ытти мерăсемпе усă курнă. Предприятисене хупса пурне те ĕççĕр тăратса хăварассипе хăратнă т. ыт. те. Рабочисем çав-çавах вăйлă кĕрешнĕ. Предпринимательсен каялла чакма тивнĕ. Забастовка рабочисем çĕнтернипе вĕçленнĕ, вĕсен требованийĕсенчен чылайăшне тивĕçтерме килĕшнĕ.

США-ри металлурги промышленноçĕнчи стачка чарăннă-чарăнманах «Алюминиум компани оф Америка», «Рейнольдс металл компани» компанийĕсенчи рабочисен забастовки пуçланнă. Çак забастовкăра та рабочисем çĕнтернĕ.

Июль вĕçĕпе август пуçламăшĕнче Англири автомобиль промышленноçĕнчи 12 пин рабочин забастовки пулса иртнĕ. Рабочисем, хăйсен юлташĕсене ĕçрен йышкăн кăларнине хирĕç протестлесе, ĕçе тухма пăрахнă. Çак забастовка та рабочисен çĕнтерĕвĕпе вĕçленнĕ. Автомобиль компанийĕ малашне профсоюзсем килĕшмесĕр ĕçрен кăлармастпăр тесе сăмах панă, ĕçрен кăларнисене каялла илнĕ.

Июлĕн 23-мĕшĕнче Англире моторсем тăвакан «Бритиш мотор корпорейшн» компанийĕн завочĕсенчи рабочисен забастовки пуçланнă. Забастовкăна 35 пин çынна яхăн хутшăннă. Чугун çул работникĕсен профсоюзĕн членĕсем, забастовка тăвакансене пулăшса, çав компани грузĕсене турттарма пăрахнă. Англири транспортри рабочисемпе квалификацисĕр рабочисен профсоюзĕ, забастовка тăвакансемпе пĕр шухăш-кăмăллă пулса, портсенче çак компани продукцине тиемелле мар тесе йышăннă.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, майпа июнь уйăхĕсенче Францире 250 забастовкăна яхăн пулса иртнĕ. Çак забастовкăсене уйрăм предприятисенчи ĕççыннисем кăна мар, промышленноçлă пĕр-пĕтĕм районсенчи ĕççыннисем хутшăннă.

Июльпе август уйăхĕсенче Италири чугун çул работникĕсемпе строительсем, Японири суднăсем тăвакансем, Мексикăри текстильщиксем, Чилири селитра рудникĕсенчи рабочисем т. ыт. те забастовка турĕ.

Хальхи тапхăрăн паллă уйрăмлăхĕ вăл колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенче забастовка тăвасси ÿсни пулать. Кăçалхи август пуçламăшĕнче Англи протекторачĕнче Аденра портсенчи грузчиксем, гаражсенчи рабочисем, пуянсем патĕнче ĕçлекен прислугăсем забастовка турĕ. Франци Сомалийĕнче, рабочисем ĕç укçине ÿстерме ыйтса лартнă требование хÿтĕлесе, пĕтĕмĕшле забастовка туса ирттернĕ.

Забастовкăлла кĕрешÿ вăйланни вăл, паллах ĕнтĕ, ĕçлевçĕ капитал хушшинчи хирĕçÿсем çивĕчленнипе çыхăнса тăрать. Монополисен наступленине хирĕç кĕрешес ĕçре ĕççыннисем стачкăсемпе анлăрах та анлăрах усă кураççĕ. Капитализмлă çĕршывсенчи çынсен пĕчĕк ушкăнĕ ытла та пуян пурăнать, халăхăн чи пысăк пайĕ вара чухăнлăхра асапланать. Профсоюзсем шутласа пăхнă тăрăх, Америкăри «Дженерал моторс» компанийĕн предприятийĕсенче рабочисем ĕçлесе илнĕ кашни доллар пуçне çак компани иртнĕ çул 1 доллар та 22 цент услам илнĕ.

Анчах та капитализмлă çĕршывсенчи забастовка тăвакансем хăйсен пурнăçне лайăхлатма требовани лартнипех çырлахмаççĕ. Хальхи вăхăтри стачкăсенче нумай çĕршывсенчи рабочи класс политикăлла ыйтусем лартать. Сăмахран, Японире забастовка тăвакансем час-часах Америкăн Японири çар базисене пĕтересси çинчен требованисем кăларса тăратаççĕ. Кăнтăр Вьетнамри Сайгонри портсенче ĕçлекен рабочисем çĕршыва мирлĕн, Женевăра тунă килĕшÿсенче каланă пек пĕрлештерме требовани лартнă. Испани протекторачĕнче—Сурçĕр Африкăри Ифнире колонизаторсем пуçнуласа тăрас йĕркене пĕтерессин çинчен, Ифние никама пăхăнман Марокко составне кĕртесси çинчен калакан требование хÿтĕлесе пĕтĕмĕшле забастовка туса ирттернĕ.

Забастовкăсем вĕсем — ĕççыннисен боевой выступленийĕсем. Забастовкăсем вăхăтĕнче рабочи класс пĕрлĕхĕ çирĕпленет, унăн пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн кĕрешес шухăш-ĕмĕчĕ вăйланать. Хальхи вăхăтри стачкăсем кăтартса панă тăрăх,. капитализм эксплуатацине тÿссе пурăнакан мĕнпур çĕршывсенче çак шухăш-кăмăл ÿсне пырать.

## ХАЛĂХСЕМ АТОМЩИКСЕН ПЛАНĔСЕНЕ ÇĔМĔРЕÇÇĔ

Японири Хиросима хулинче вунпĕр çул каялла пулса иртнĕ трагеди аса илтерекен пĕр вырăн пур. 1945 çулхи августăн 6-мĕшĕнче ирхине американецсем атомлă бомба пăрахнă хыççăн Хиросима хули мĕн тери ишĕлсе пĕтнине çав вырăн уççăн кăтартса парать. Хула çыннисем ăна юриех вунпĕр çул каялла мĕнле пулнă, çаплипех хăварнă. Çакна вĕсем Хиросимăри пушă вырăн атомлă бомба хăрушлăхĕ çинчен çынсене яланах аса илтертĕр тесе турĕ.

Американецсем атомлă бомбăсем пăрахса аркатнă Хиросимăпа Нагасаки хулисен трагедине халăхсем ĕмĕрне те манас çук. Анчах та çак хуласен хăрушă кун-çулĕ çынсене хăратса пăрахайман. Атомщиксем шутланă пек пулмарĕ: халăхсем çынсене йышлăн вĕлерсе пĕтерекен хĕçпăшал умĕнче хăраса пуç таймарĕç. Халăхсем атомщиксен планĕсене хирĕç пĕтĕм вăйпа тăраççĕ, вĕсем атомăн хăватлă энергийĕ çынсене йышлăн пĕтерме мар, мирпе прогресс ĕçне вăйлатма пулăштăр тесе тăрăшаççĕ. Атомлă тата водородлă хĕçпăшал туса кăларма, унпа усă курма чарассишĕн пыракан кĕрешÿ кучухнехи хăватлă юхăм пулса тăчĕ. Çакна ăна атомлă тата водородлă хĕçпăшал туса хатĕрлеме,унпа усă курма чарас тĕлĕшпе çак кунçенче Японире ĕçлекен тĕнчери çĕршывсен иккĕмĕш конференцийĕ уççăн кăтартса парать.

Конференци ĕçне 15 çĕршыври халăхсен делегачĕсем, çавăн пекех тĕнчери питех те пысăк организацисен, çав шутра Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн, Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн, Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен демократиллĕ федерацийĕн представителĕсем хутшăннă. Конференцие тĕнче общественноçĕн питех те тĕрлĕ сийĕсем саламлă телеграммăсем яраççĕ, ăнăçлă ĕçлеме сунаççĕ.

Конференци халăхсене çак хăрушă хĕçпăшала чарса лартассишĕн пыракан кĕрешÿ опычĕпе паянланать. Ку тĕлĕшпе илсен, Япони опычĕ уйрăмах паха.

Иртнĕ çулхи май уйăхĕнче Токио хулинчи пысăках мар кондитерскинчи килхуçи хĕрарăмĕсем атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартассишĕн кĕрешме чĕнекен петици çине алă пуснă. Халĕ ĕнтĕ Японире çав петици çине алă пуснă çынсем 34 миллион çынна яхăн! Çакăн пек анлă юхăм Япони историйĕнче халиччен нихçан та пулман-ха. Кăçалхи февраль уйăхĕнче Япони парламенчĕ йышăннă резолюцире халăх атомлă тата водородлă бомбăсем туса кăларма, вĕсемпе усă курма чарса лартассишĕн пĕр кăмăллă пулса тăрăшни палăрса тăрать. Çак резолюцие Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене, Англие тата Совет Союзне ярса панă. Анчах та ку таранччен Япони парламенчĕн резолюцийĕ çине Совет Союзĕ кăна ответлерĕ-ха. Пурте пĕлеççĕ, атомлă хĕçпăшала чарса лартас ыйту енĕпе Совет Союзĕнчи халăхсемпе Япони халăхĕ пĕр пек шухăшланине СССР Верховнăй Совечĕ кăмăллă пулса палăртрĕ, çак ыйтă ĕçре Совет Союзĕпе Япони йышăннă позицие ытти государствăсен парламенчĕсем те ырлăç тесе шанса тăратпăр, терĕ.

Хальхи вăхăтра Японире атомлă тата водородлă хĕçпăшала хирĕç пыракан юхăм чăннипех те пĕтĕм халăх юхăмĕ пулса тăнă. Çак юхăма хутшăннă çынсен шухăшкăмăлне Камакура хулинче пурăнакансен 25 пин çынлă митингĕ уççăн кăтартса панă. «Хамăрăн пурнăçа, хамăрăн ачасемпе пĕтĕм этемлĕх телейне сыхласа хăварас тесе, — тенĕ митингра пулнă çынсем йышăннă резолюцире, — атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа усă курнине эпир тапăхлăнах сиплетпĕр. Кам та кам çак хĕçпăшалпа усă курать, ăна эпир этемлĕх тăшманĕ тесе шутлăпăр».

Халĕ Японире пухăннă конференци вăл—политикăлла пысăк пĕлтерĕшлĕ событи. Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем атомлă хĕçпăшалпа усă курни тата ăна сăнаса пăхни пуринчен малтан Япони халăхне хĕн-хур кăтартрĕ. Халĕ мире юратакан мĕнпур çынсен ĕмĕчĕсемпе шанчăкне палăртса тăракан хăватлă требовани Японирен пĕтĕм тĕнчене янраса илтĕнет: çынсене йышлăн вĕлерсе пĕтерекен хĕçпăшал туса кăларма, унпа усă курма чармалла, хĕçпăшаланма чарăнмалла!

**В. ХАРЬКОВ.**

## ЧЕХОСЛОВАКИ ПРАВИТЕЛЬСТВИНЧЕ

ПРАГА, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Енер Чехословаки правительстви анлă ларăвĕ пулнă. Ларура халăх хуçалăхне аталантармалли плана 1956 çулхи пĕрремĕш çур çулта мĕнле тултарни çинчен Государствăн планлас ĕçĕн управленийĕ пĕлтернине тата финанс плание тултарас ĕç мĕнле пыни çинчен Финанс министерстви пĕлтернине сÿтсе явнă.

Промышленность производстви 1956 çулхи пĕрремĕш çур çулхи плание 2 процент ирттерсе тултарнă. Иртнĕ çулхи çав тапхăртипе танлаштарсан, промышленность производстви шайĕ 10 процент ытла ÿснĕ, ялхуçалăхĕ те ăнăçлă аталанса пынă, çакă вара ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма пулăшнă.

Пĕррамĕш çур çулта капитальнăй ĕçсем, пĕлтĕрхи çав тапхăртипе танлаштарсан, 9 процент ытларах тунă.

Правительство государствăн 1957 çулхи планĕн контроль цифрисен проектне тата ытти чылай законсен проекчĕсене çирĕплетнĕ.

## МАШИНОСТРОЕНИ ПРОМЫШЛЕННОÇĔН ĔÇРИ ÇИТĔНĔВĔСЕМ

Демократиллă Корея Халăх Республикинче машиностроени—промышленноçăн çĕнĕ отраслĕ. Çак отрасль ытларах та ытларах аталанать. Хичхенри заводра çĕнĕ йышши станоксем, сверлильнăй, тата фрезернăй ... йĕркеленĕ. Кăçал Кусенри сăрт-ту промышленноçĕ валли оборудовани тăвакан завод ĕçлеме пуçланă. Халĕ Кусенра машиностроенин тепĕр предприятине тăваççĕ, вăл çултанăн хушшинче чĕрăĕ станоксем пин ытла туса кăларакан завод пулать.

# СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. БУЛГАНИН юлташ янă послани

### Атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа усă курмалла мар тăвас ыйтупа пухăннă Тĕнчери иккĕмĕш Конференцие

Атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа усă курмалла мар тăвас ыйтупа пухăннă Тĕнчери иккĕмĕш Конференцин участникĕсене совет халăхĕ ячĕпе салам яратăп тата ăнăçлă ĕçлеме сунатăп.

Пĕтĕм тĕнчери халăхсем нимĕнрен ытла çирĕп те вăраха пыракан мире сыхласа хăварассишĕн, атомлă вăрçăн пысăк хăрушлăхĕнчен яланлăхах хăтăлассишĕн, этемлĕх ăс-тăнĕн чаплă открытийĕпе—атом энергийĕпе этемлĕх культурин çитĕнĕвĕсене аркатас ĕçре мар, пачах урăхла, мирлĕн пултаруллă ĕçлеме,- мĕнпур ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма условисем туса хурас тĕллевсене пурнăçлама усă курмалла.

Паллă ĕнтĕ, Совет Союзĕ пĕрмаях атомлă тата водородлă хĕçпăшала пĕтĕмпех чарса лартмалла тата ăна государствăсен хĕçпăшалĕсен шутĕнчен кăлармалла тăвассишĕн тăрать. Совет Союзĕн Правительствин çак çул çинчи пĕррремĕш утăм вырăнне США-па Англи правительствисене атомлă тата термоядернăй хĕçпăшала кирек мĕнле сăнаса пăхассине те, сăнас шутпа взрывсем тăвассине те халех чарса лартасси çинчен килĕшÿ тума сĕнчĕ.

СССР Верховнăй Совечĕ хăйĕн кăçалхи июлĕн 16-мĕшĕнче тунă заявленийĕнче ядернăй хĕçпăшала пĕтĕмпех чарса лартассишĕн тата ăна сăнаса пăхассине халех чарса лартассишĕн кĕрешес ĕçре совет халăхĕпе Япони халăхĕ пĕр шухăшлине ырă кăмăлпа палăртрĕ. Çак хисеплĕ ĕçшĕн кĕрешнĕ çĕрте Япони халăхĕ хытă тăрăшнине эпир питĕ хаклатпăр.

Совет халăхĕ çакна шанса тăрать: Конференци хăйĕн авторитетлă сассипе атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартас, атом энергийĕпе мирлĕ ĕçре, этемлĕх ырлăхĕшĕн усă курмалла тăвас тĕлĕшпе панă сĕнÿ сумне хушĕ.

**Н. БУЛГАНИН.**

**СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ.**

Мускав, 1956 çулхи августăн 9-мĕшĕ.

## Луи Сайян Египетри профсоюзсен руководителĕ Фатхи Камель патне янă телеграмма

ПРАГА, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Луи Сайян Египет Республикинчи ĕççыннисен профсоюзĕсен Яланхи конгресăн президенчĕ Фатхи Камель патне çакăн пек телеграмма янă:

Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ хăйĕн 65 миллион членĕ ячĕпе Египет правительстви Суэц каналне национализацилес тĕлĕшпе йышăннă мерăсене тата вăл карапсем йĕркеллĕ çÿрес пирки шантарса каланисене ырлать. Çак ĕç вăл хăйсен нациллĕ пуянлăхĕн хуçисем пулса тăма, унпа хăйсен çĕршывĕн пурнăçне лайăхлатас тата ăна вăйлатас тĕллевпе усă курма тăрăшакан халăхсен, çав шутра мĕнпур ĕççыннисен шухăш-ĕмĕтне палăртса тăрать. Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ нациллĕ суверенитет принципĕсене хÿтĕлессишĕн кĕрешекен профсоюз организацийĕсем пурте Египетри ĕççыннисене тата Египетри мĕнпур халăха пулăшассине шанса тăрать. Сирĕн ĕç ăнăçлă пултăр тесе ырă сунса, эпир çакна шанса тăратпăр: Египет ĕççыннисем тата халăхĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем пулăшнипе тата пĕр кăмăллă пулнипе, хăйсен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе çĕнĕ утăм тăвас, хăйсен нациллĕ никама пăхăнманлăхне çирĕплетес çулпа, мирпе прогресс çулĕпе шанчăклăн малалла кайĕç.

## Совет машинисем—Индири ялхуçалăх ферми валли

ДЕЛИ, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Инди информаци бюровĕ пĕлтернĕ тăрăх, августăн 7-мĕшĕнче Раджастан штатĕнчи Суратгарха Совет Союзĕнчен илнĕ 26 трактор тата ытти ялхуçалăх машинисем ярса панă. Суратгархра Индин апат-çимĕçпе ялхуçалăх министерстви ферма тăвать. Фермăра Совет Союзĕнчен илнĕ машинăсемпе усă курмалла пулать.

30 пин акр лаптăкĕш çĕр йышăнакан çак фермăна çитес икĕ çул хушшинче туса çитерме шутлаççĕ.

## СУЭЦ КАНАЛĔ ЫЙТĂВĔ ПИРКИ ИНДОНЕЗИ ПРАВИТЕЛЬСТВИ ТУНĂ ЗАЯВЛЕНИ

ДЖАКАРТА, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Правительствăн пайăн пичетлесе кăларнă пĕлтерĕвĕнче çапла каланă: августăн 9-мĕшĕнче Индонези министрĕсен кабинечĕ Египет Суэц каналне национализацилени çинчен сÿтсе явнă. Кабинет Англи правительствинчен хушса пĕлтерекен информаци илнĕ хыççăн, çавăйна вĕрлех Египетпа, Азири тата Африкăри ытти туслă çĕршывсемпе çыхăнса пĕр-пĕрин шухăшĕсемпе паллашнă хыççăн Лондонри конференцие хутшăнма чĕннипе килĕшес тата конференцие делегаци ярас тесе йышăннă.

Информаци министрĕ Судибьо каланă тăрăх, конференцире Суэц каналне интернационализацилесси çинчен ыйту лартсан Индонези делегаци правительствăн халиччен тунă заявленине хÿтĕлет, çав заявленире Индонези Египетăн Суэц каналне национализацилеме право пуррине йышăнать, тесе каланă.

Лондонри конференцие каякан делегацин пуçлăхĕ Индонези ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Абдулгани пулать.

## ЛИВАН ПРЕМЬЕР-МИНИСТРĔН ЗАЯВЛЕНИЙĔ

БЕЙРУТ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ливан премьер-министрĕ Абдаллах Яфи Америка посолне йышăннă. Ăна вăл çапла каланă: Египет ĕçне хĕçпăшаллă вăйпа мĕнле те пулин хутшăннине Ливан хăйĕн шалти ĕçĕсене хутшăнни тесе шутлĕ. Вăйпа кирек мĕнле усă курма хăтланни те хальхи вăхăтра шухăш-ĕмĕтпе, ООН Уставĕнчи шухăшпа килĕшсе тăман ĕç пулать, тесе уйрăмах палăртнă вăл.

Яфи çавăн чухне Америка посолĕнчен США правительствине Египет пĕччен марри çинчен, Суэц каналне национализациленине арабсен пур çĕршывĕсенче те ырлани тата çав ĕçе хÿтĕлени çинчен пĕлтерме ыйтнă.

## ФРАНС ПРЕСС АГЕНТСТВИ СУЭЦ КАНАЛĔ ПАТĔНЧИ ЛАРУ-ТĂРУ ÇИНЧЕН

ПАРИЖ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: Суэц каналĕ патĕнче пурнăç лăпкă. Карапсем нимĕн чăрăнса тăмасăр канал тăрăх çÿреççĕ. Август уйăхĕнче канал витĕр 298 карап, çав шутра Англин 57 карапĕ тата Францин 25 карапĕ тухса кайнă.

## ЕГИПЕТА ХЎТĔЛЕСĔ

ХАНОЙ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнам информаци агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: . Вьетнам Отечественнăй фрончĕн Центральнăй Комитечĕ Египет правительствине послани янă, унта Вьетнам халăхĕ ячĕпе Египет Суэц каналне национализацилени ырлани çинчен каланă.

## ЕГИПЕТĂН НАЦИ ИРĔКЛĔХĔШĔН КĔРЕШЕКЕН ÇАРНЕ ТУНĂ

КАИР, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Египет Республикин президенчĕ Гамаль Абдель Насер наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен çар туни çинчен декрет кăларнă.

Ку çара Египетăн Наци гвардийĕ, Ирĕклĕхшĕн кĕрешекен организаци отрячĕсем кĕреççĕ, унта тата хăйсен ирĕкĕпе çар ретне тăнă 18 çул тултарнă, 50 çула çитмен çынсем пулаççĕ.

Наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен çарăн командованине ĕçне туса пыма Камаль эд-Дин Хуссейн майора хушнă.

## САЙГОН ПОРТĔНЧИ РАБОТНИКСЕН ÇĔНТЕРĔВĔ

ХАНОЙ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнам информаци агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Сайгон портĕнчи работниксен забастовки вĕсем çĕнтернипе вĕçленнĕ. Вĕсен ĕç укçине 15 процент ÿстернĕ. Вĕсен ытти требованийĕсене, çав шутра страховани тата ĕç вăхăтĕнчĕ иртнĕ хыççăн ĕçленĕшĕн тÿлемелли хакăсене уйăштарасси çинчен хартнă требованисене тивĕçтерес пирки калаçусем малалла пыраççĕ.

## БЕЛЬГИ ШАХТИНЧИ ПУШАР

ПАРИЖ, августăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян ирхине Марсинеати (Шарлеруа, Бельги) çĕр кăмрăк шахтисенче пушар тухнă. Пушара пула çынсене шахтăран кăлармалли хатĕр татăлса кайнă, 274 горняк шахтăра тăрса юлнă. Вĕсем çинчен нимĕнле хыпар та çук. Горнянсене çăлса хăварас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

# Государствăна тырă парса татнă колхозсем

УЛАТĂР. (Телефонпа). «Путь Ильича» колхоз (председателĕ А. А. Яблонский юлташ, парторганизаци секретарĕ И. И. Майоров юлташ) августăн 8-мĕшĕнче обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе тырă памалли плана 106 процент тултарнă.

Халĕ артель государствăна закуп шучĕпе тырă сутать.

«Победа» колхоз (председателĕ М. С. Митин юлташ, парторганизаци секретарĕ Н. И Тюрин юлташ) августăн 10-мĕшĕнче обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе тырă памалли плана 110,3 процент тултарнă.

Тырă парас ĕç колхозра малалла пырать.

ÇĔРПӲ. (Телефонпа). «Коммунизм» колхоз (председателĕ С. П. Павлов юлташ, парторганизаци секретарĕ Е. П. Петрова юлташ) августăн 10-мĕшĕнче обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе тырă памалли плана 100,1 процент тултарнă.

Тырă парас ĕç колхозра малалла пырать.

КУКЕÇ. Кăçал «Красный флот» колхоз членĕсем вăйлă тырпул пухса кĕртеççĕ. Уйрăмах 3-мĕш бригадăн тырпул тухăçĕ пысăк. Ку бригадăра ыраш кашни гектартан 20 центнер тухать.

Ставрополь крайĕнчи ялхуçалăх работникĕсем чĕнсе каланипе хавхаланса, уйхир ĕçченĕсем государствăна тырă памалли плана августăн 15-мĕшĕ тĕлне пурнăçлама сăмах панăччĕ. Панă сăмаха чыслăн пурнăçлассишĕн уй-хир бригадисенче социализмла ăмăрту анлă саралнă. Бригадăсем тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтрах авăн çапас ĕçе те хăвăртлатса пычĕç. «БДО-34» молотилка машинисчĕ Н. Гаврилов юлташ талăкра 15 тонна таран тырă çапать, ку тырра çийĕнчех сортировкăсемпе тасатса хатĕрлев пунктне леççĕ. М. Термышев шофер, кулленех виçшер рейс туса, хатĕрлев пунктне тырă турттарать. Колхоз августăн 10-мĕшĕ тĕлне государствăна обязательнăй йĕркепе тата натуроплата шучĕпе тырă памалли плансене срокчен пурнăçларĕ.

Колхозра çурхи тырăсем пухса кĕртес, авăн çапас, çитес çул валли вăрлăх хывас ĕçсем те хăвăртланса пыраççĕ.

# К Ĕ Р А К И



Республикăри колхозсен уй-хирĕсенче кĕраки пуçланчĕ.

Ӳкерчĕк çинче: Шупашкар районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан колхоз хирĕнче А. К. Капитонов тракторист ыраш акать.

Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## КПСС ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔ ÇУМĔНЧИ МАРКСИЗМ-ЛЕНИНИЗМ УНИВЕРСИТЕЧĔ

КПСС Шупашкар хула комитечĕ çумĕнчи каçхине ĕçлекен марксизм-ленинизм университетне вĕренме илесси малалла пырать.

1956—1957 вĕренÿ çулĕнчен пуçласа марксизм-ленинизм университетĕнче икĕ çул вĕренмелле тунă.

Каçхи университетра вĕренме пуçламăш парторганизацисем сĕннипе илеççĕ.

Занятисем сентябрĕн 3-мĕшĕнче пуçланаççĕ.

**КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.**

## СТРОИТЕЛЬСЕН КУННЕ УЯВЛАССИ ÇИНЧЕН ПĔЛТЕРНИ

1956 çулхи августăн 12-мĕшĕнче, Шупашкар—Канаш çулĕ çинче, Лакренка вăрманĕнче Строительсен кунĕ ячĕпе хулари строительсен тата строительство материалĕсем хатĕрлекен промышленность работникĕсен савăнăçлă пухăвĕ пулать. Пуху 12 сехетре пуçланать. Ун хыççăн художествăллă пай, массăллă гуляни, вăййăсем, ташăсем пулаççĕ.

Хулари транспорт ирхине 10 сехетрен пуçласа каçхине 8 сехетчен ĕçлет.

**ПРАÇНИК ИРТТЕРЕС ТĔЛĔШПЕ ĔÇЛЕКЕН КОМИССИ.**

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

# СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли тăваттăмĕш государство заемĕ

### 14-мĕш вылявра тухнă облигацисене тĕрĕслемелли

## ТАБЛИЦА

Выляв тиражĕ 1956 çулхи августăн 5-мĕшĕнче Мускав хулинче пулнă.

Заемăн мĕнпур разрячĕсенчи серисемпе облигацисен çак номерĕсем çине выигрыш тухнă.

| Сери №№ | Облигаци №№ | Маçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Маçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Маçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Маçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 060138 | 27*) | 1.000 | 064467 | 26—50 | 200 | 069741 | 12*) | 1.000 | 074900 | 1—50 | 200 |
| 060171 | 1—50 | 200 | 064498 | 38*) | 1.000 | 069847 | 25*) | 1.000 | 074940 | 1—50 | 200 |
| 060429 | 12*) | 1.000 | 064622 | 32*) | 1.000 | 070153 | 30*) | 1.000 | 075022 | 20*) | 1.000 |
| 060549 | 31*) | 1.000 | 064627 | 1—50 | 200 | 070155 | 10*) | 1.000 | 075068 | 40*) | 10.000 |
| 060716 | 1—50 | 500 | 064657 | 03*) | 1.000 | 070236 | 25*) | 1.000 | 075144 | 1—50 | 200 |
| 060735 | 05*) | 1.000 | 064884 | 1—50 | 200 | 070275 | 22*) | 1.000 | 075377 | 20*) | 1.000 |
| 061064 | 39*) | 5.000 | 065122 | 38*) | 1.000 | 070331 | 38*) | 1.000 | 075503 | 23*) | 10.000 |
| 061183 | 1—50 | 200 | 065246 | 16*) | 1.000 | 070359 | 42*) | 1.000 | 075769 | 11*) | 1.000 |
| 061193 | 27*) | 1.000 | 065749 | 25*) | 1.000 | 070494 | 1—50 | 200 | 075815 | 10*) | 1.000 |
| 061286 | 1—50 | 200 | 065800 | 12*) | 1.000 | 070612 | 43*) | 1.000 | 076152 | 1—50 | 500 |
| 061298 | 1—50 | 500 | 065888 | 41*) | 5.000 | 070622 | 32*) | 5.000 | 076154 | 1—50 | 500 |
| 061472 | 28*) | 1.000 | 065924 | 18*) | 1.000 | 070669 | 1—50 | 200 | 076174 | 36*) | 1.000 |
| 061497 | 06*) | 1.000 | 065943 | 06*) | 1.000 | 070851 | 1—50 | 200 | 076192 | 37*) | 1.000 |
| 061532 | 30*) | 1.000 | 065950 | 1—50 | 500 | 070879 | 39*) | 1.000 | 076207 | 37*) | 1.000 |
| 061560 | 1—50 | 500 | 066304 | 35*) | 1.000 | 070906 | 28*) | 1.000 | 076408 | 1—50 | 200 |
| 061878 | 41*) | 1.000 | 066360 | 41*) | 1.000 | 070935 | 18*) | 5.000 | 076514 | 41*) | 1.000 |
| 061903 | 1—50 | 200 | 066367 | 1—50 | 200 | 071405 | 24*) | 50.000 | 076543 | 50*) | 1.000 |
| 061932 | 11*) | 25.000 | 066477 | 1—50 | 500 | 071608 | 1—50 | 200 | 076596 | 18*) | 1.000 |
| 062032 | 04*) | 1.000 | 066507 | 11*) | 1.000 | 071764 | 24*) | 1.000 | 076704 | 39*) | 1.000 |
| 062065 | 1—50 | 500 | 066570 | 22*) | 1.000 | 072133 | 10*) | 1.000 | 076901 | 36*) | 1.000 |
| 062112 | 16*) | 1.000 | 066732 | 1—50 | 500 | 072183 | 22*) | 10.000 | 076998 | 04*) | 1.000 |
| 062124 | 28*) | 1.000 | 066972 | 27*) | 1.000 | 072190 | 07*) | 1.000 | 077185 | 09*) | 1.000 |
| 062426 | 44*) | 1.000 | 067154 | 12*) | 1.000 | 072245 | 1—50 | 500 | 077579 | 1—50 | 200 |
| 062457 | 50*) | 5.000 | 067223 | 33*) | 1.000 | 072405 | 1—50 | 200 | 077648 | 14*) | 1.000 |
| 062714 | 09*) | 1.000 | 067281 | 44*) | 1.000 | 072462 | 27*) | 1.000 | 077756 | 39*) | 5.000 |
| 062757 | 1—50 | 500 | 067445 | 1—50 | 200 | 072528 | 1—50 | 200 | 077997 | 42*) | 1.000 |
| 062803 | 1—50 | 200 | 067568 | 1—50 | 500 | 072576 | 1—50 | 200 | 078027 | 40*) | 1.000 |
| 062808 | 35*) | 25.000 | 067850 | 1—50 | 200 | 072601 | 18*) | 1.000 | 078059 | 13*) | 1.000 |
| 062882 | 20*) | 1.000 | 067853 | 07*) | 1.000 | 072659 | 13*) | 1.000 | 078112 | 25*) | 1.000 |
| 063068 | 12*) | 1.000 | 067896 | 1—50 | 500 | 072942 | 33*) | 1.000 | 078175 | 1—50 | 200 |
| 063250 | 29*) | 1.000 | 067911 | 1—50 | 200 | 073169 | 03*) | 1.000 | 078346 | 1—50 | 500 |
| 063307 | 39*) | 1.000 | 067921 | 45*) | 1.000 | 073527 | 22*) | 5.000 | 078478 | 18*) | 5.000 |
| 063415 | 29*) | 1.000 | 068050 | 48*) | 1.000 | 073574 | 1—50 | 500 | 078736 | 17*) | 1.000 |
| 063441 | 04*) | 1.000 | 068203 | 01*) | 1.000 | 073796 | 01*) | 1.000 | 078742 | 1—50 | 200 |
| 063498 | 07*) | 1.000 | 068283 | 35*) | 5.000 | 073937 | 1—50 | 200 | 078818 | 29*) | 1.000 |
| 063767 | 35*) | 1.000 | 068517 | 35*) | 10.000 | 073954 | 05*) | 1.000 | 078859 | 46*) | 1.000 |
| 063799 | 50*) | 10.000 | 068781 | 12*) | 1.000 | 074066 | 07*) | 1.000 | 078956 | 43*) | 1.000 |
| 063883 | 1—50 | 500 | 069044 | 04*) | 1.000 | 074252 | 30*) | 1.000 | 079097 | 15*) | 1.000 |
| 063919 | 1—50 | 500 | 069563 | 1—50 | 500 | 074282 | 07*) | 1.000 | 079384 | 40*) | 1.000 |
| 064035 | 1—50 | 200 | 069564 | 1—50 | 500 | 074301 | 1—50 | 200 | 079567 | 1—50 | 200 |
| 064124 | 31*) | 1.000 | 069648 | 09*) | 1.000 | 074504 | 16*) | 1.000 | 079802 | 31*) | 1.000 |
| 064128 | 12*) | 1.000 | 069651 | 39*) | 5.000 | 074575 | 1—50 | 500 | 079803 | 10*) | 1.000 |

*) Çак сериё кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 200-шер тенкĕ выляса илнĕ.

**ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.**

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—5-99, обзорсен пайĕ—6-64, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—13-37, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00883 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2419. Тираж 29.600 экз.